ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Май
19
ЫТЛАРИКУН
№ 97 (9006)
36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



# Вырăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлессишĕн куллен тăрăшмалла

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ ССР Союзне 1951—1955 çулсенче аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче аш-какай тата сало туса илессине 80—90 процент, сĕт илессине 45—50 процент, çăм илессине 2—2,5 хут, çăмарта илессине 6—7 хут ÿстерме палăртнă. Çак задачăна ăнăçлă пурнăçлас шутпа парти, совет, ялхуçалăх тата хатĕрлев органĕсен выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлес ĕçе лайăх организацилеме тăрăшмалла. Кашни колхозра, совхозра тата уйрăм хуçалăхсем, рабочисемпе служащисем хушшинче государствăн хатĕрлев дисциплинине çирĕп пурнăçласа пымалла.

Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлесси халăх хуçалăхĕшĕн пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç пулса тăрать. Промышленноçлă хуласем валли апат-çимĕç, çăмăл промышленность валли чĕртавар çителĕклĕ парса тăрасси аш-какай, сĕт-çу, çăмарта, çăм, выльăх тирĕ хатĕрлемелли плана кашни район, кашни колхоз вăхăтра тултарса пынинчен килет.

Чăваш республикинчи колхозниксем, Мордва тата Мари АССР-ĕсенчи ĕççыннисемпе социализмла ăмăртăва тухса, пысăк обязательствăсем йышăнчĕç. Çав обязательствăсенче выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлемелли çулталăкри плана кăçалхи ноябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне тултарма палăртнă.

Хăйсен обязательствисене ăнăçлăн пурнăçласа, пирĕн республикăри колхозсем майăн 10-мĕшĕ тĕлне аш-какай хатĕрлемелли пилĕк уйăхри плана 114,2 процент тултарчĕç. Улатăр, Вăрнар, Шăхасан, Елчĕк, Тăвай тата ытти хăшпĕр районсенчи колхозсем аш-какай памалли улттă уйăхри плана срокчен тултарчĕç. Çĕрпÿри государство селекци станцийĕ, Шупашкарти «Росглаввино» комбиначĕ пилĕк уйăхри плана тултарчĕç, халĕ июнь уйăхĕнчи план шучĕпе государствăна сĕт параççĕ. Елчĕк районĕнчи колхозниксем çăмарта хатĕрлемелли çур çулхи плана 105 процент тултарчĕç.

Чылай колхозсем, сăмахран, Калинино районĕнчи «Правда», Çĕмĕрле районĕнчи «Знамя победы» колхозсем, 1953 çулхи плана тултарса, 1954 çулхи план шучĕпе государствăна аш-какай параççĕ. Чкаловски районĕнчи «Гвардеец», Улатăр районĕнчи «Победа» колхозсем аш-какай, сĕтсу хатĕрлемелли çур çулхи плана ытлашшипех тултарчĕç, 1953 çулшăн çăмарта парса татрĕç. Калинино районĕнчи «Сталинец», «Правда», «Новый путь», «Гвардеец» тата Ленин ячĕпе, Каганович ячĕпе тăракан колхозсен членĕсем государствăна аш-какай памалли çур çулхи плана тултарчĕç.

Государство умĕнчи хăйсен обязательствисене чыслăн пурнăçлакан колхозсемпе колхозниксем пирĕн республикăра сахал мар. Анчах, пĕтĕмĕшпе илсен, республикăра аш-какай, сĕт-çу, çăмарта тата ытти выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлес ĕç ытла та япăх пырать. Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлес тĕлĕшпе Пăрачкав, Хĕрлĕ Чутай, Шăмăршă, Первомайски, Куславкка, Йĕпреç, Кувакино, Октябрьски, Советски, Вăрмар районĕсем уйрăмах кая юлса пыраççĕ. Ку районсенче сĕт-çу хатĕрлемелли çулталăкри плана 10—15 процент, çăмарта хатĕрлемелли плана 20—29 процент, аш-какай хатĕрлемелли плана 20—38 процент кăна тултарнă.

Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлес ĕç юлса пыни, пуринчен малтан хатĕрлев дисциплинине пăснинчен килет. Парти райкомĕсемпе райсовет исполкомĕсем тата хатĕрлев органĕсем те ку тĕлĕшпе япăх ĕçлеççĕ, государство дисциплинине çирĕплетме кирлĕ пек тăрăшмаççĕ. Куславкка районĕнчи колхозсенчен 80 проценчĕ—государствăна аш-какай парас тĕлĕшпе, 96 проценчĕ сĕт-çупа çăмарта парас тĕлĕшпе парăмлă пулса тăраççĕ. Ку районти хăшпĕр колхозсем хăйсен обязательствисене пурнăçлама пачах тытăнман. Государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли плана район сĕт-çу енĕпе—4,9 процент, çăмарта енĕпе 13,1 процент, аш-какай енĕпе 22,4 процент кăна тултарнă. Хăшпĕр колхозсенче продуктсене аяккалла салатса пĕтереççĕ. «Родина», Суворов тата Калинин ячĕпе тăракан колхозсенче кăçал ĕне выльăхсем, сыснасем, сурăхсем чылай сутнă е пуснă. «Ударник», «Красная Чувашия», «Динамо» колхозсенче, хатĕрлев планне тултарман пулин те, сĕт-çăва салатса пĕтереççĕ. Районти организацисем çак ситменлĕхсене курса тăраççĕ, анчах вĕсене пĕтерме мерăсем йышăнмаççĕ.

Хĕрлĕ Чутай районĕнчи уйрăм хуçалăхсенчен 80 проценчĕ государствăна аш-какай, 70 проценчĕ сĕт-çупа çăмарта парас тĕлĕшпе парăмлă пулса тăраççĕ. Çав хуçалăхсен шутĕнче районти ертсе пыракан работниксем, хатĕрлев организацисенче ĕçлекенсем, колхозсемпе ял Совет председателĕсем, колхозри уй-хир бригадирĕсемпе счетоводсем, выльăх-чĕрлĕх фермисенче ĕçлекенсем те сахал мар. Хăшĕсем иртнĕ çулхи обязательствăсене те пурнăçламан.

Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлес тĕлĕшпе Чăвашпотребсоюз, «Маслопром», «Заготскот», «Заготживсырье» кантурĕсем япăх ĕçлеççĕ. Сĕт-çу, çăмарта, çăм хатĕрлес тĕлĕшпе çак кунсенче хĕрсе ĕçлемелле, анчах та «Маслопромăн», потребкооперацин хатĕрлев пункчĕсем нумай районсемпе ялсенче халĕ те ĕçлеме тытăнман-ха. Çăмарта пухас енĕпе ĕçлекен кадрсене тупса çитермен, пуррисем те хăшпĕр ялсенче нимĕн те тумаççĕ.

Выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхне ÿстерессипе ялхуçалăхĕнчи тĕп задачăсенчен пĕри пулса тăрать. Анчах та çак задачăна пурнăçлассишĕн кирлĕ пек тăрăшни курăнмасть. Нумай колхозсем хатĕрлев пункчĕсене ырхан выльăхсем параççĕ, самăртмаççĕ. Çакă вăл обществăлла выльăх-чĕрлĕх йышне ÿстерес ĕçе те, государствăна та пысăк сиен кÿрет. Государствăна памалли выльăха малтан самăртас пулать. Сăвакан ĕнесене уйрăм пăхса тăрантарас ĕçе организацилемен пирки нумай колхозсенче сĕт тухăçлăхĕ пысăк мар. Куславкка районĕнчи «Большевик» колхоз, сăмахран, кăçалхи тăватă уйăх хушшинче кашни сăвакан ĕнерен мĕн пурĕ те 32-шер литр çеç, «Красная Чувашия» колхозра унтан та сахалтарах сĕт суса илнĕ.

Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлес ĕçри ситменлĕхсене халех пĕтермелле. Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлеме государство çирĕплетсе панă плана кашни колхозăн, выльăх-чĕрлĕх продукчĕ паракан кашни хуçалăхăн срокра тултарса пымалла.

КПСС райкомĕсемпе райсовет исполкомĕсен выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлес ĕç çине тимлĕн пăхмалла. Государствăна аш-какай, сĕт-çу, çăмарта, çăм тата ытти продуктсем памалли плана срокчен тултарассишĕн пыракан ăмăртăва куллен ертсе пымалла, хатĕрлев органĕсенче ĕçлекен работниксен, ял Совечĕсен, колхоз правленийĕсемпе пуçламăш парторганизацисен ответлăхне те ÿстермелле. Районта тата уйрăм колхозсенче хатĕрлев ĕçĕ мĕнле пулса пынине парти райкомĕсен бюровĕсенче, райсовет исполкомĕсен ларăвĕсенче, ял Совечĕсен сессийĕсенче тата пуçламăш парторганизацисен пухăвĕсенче тăтăшах сÿтсе явас пулать.

Государство умĕнчи обязательствăсене чыслăн пурнăçлама кирли çинчен колхозниксене тата ытти мĕнпур ĕççыннисене тĕплĕн ăнлантарса памалла. Парторганизацисен ĕççыннисем хушшинче массăлла-политикăлла ĕçе витĕмлĕрех туса пырас пулать. Кашни ĕççынни государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли обязательствăна пурнăçлас ĕçе хăйĕн пирвайхи тивĕçĕ вырăнне хутăр. Кашни колхозникпа колхозница тата ĕççынни çакна ăнланса илтĕр: обязательствăсене чыслăн пурнăçлани коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн çĕнĕ ÿсĕмсем тунине пĕлтерет. Çакăнпа пĕрлех, хатĕрлев органĕсен ĕçĕнчи йĕркесĕрлĕхсене пĕтĕмпех пĕтерме çирĕп мерăсем йышăнмалла. Ĕççыннисен хуçалăхĕсенчен выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем йышăнас ĕçе чăрмав кÿрекенсемпе кĕрешмелле, вĕсене государство дисциплинине пăсма памалла мар. Хатĕрлев органĕсенче ĕçлекенсен яланах çакна асра тытмалла: государство планĕ вăл пуриншĕн те çирĕп закон пулса тăрать.

Парти организацийĕсен, политикăлла-массăлла ĕçе тата ялхуçалăх ĕçченĕсем хушшинчи социализмла ăмăртăва анлăн сарса, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлеме государство панă плана кашни колхоз тăрăх, кашни уйăхра тата кварталта ăнăçлă тултарса пымалла тăвас пулать. Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлес ĕç çине парти организацийĕсен куллен тимлĕн пăхмалла, çак ĕçе тăтăшах ертсе пымалла.

### Промышленноçпа транспорт работникĕсен канашлăвĕ

Ĕнер Шупашкарта, Советсен çуртĕнче, промышленноçпа транспорт работникĕсен республикăри канашлăвĕ уçăлчĕ. Канашлура «Республикăри промышленность, транспорт, çыхăву органĕсен ĕçĕсем çинчен тата 1953 çулхи государство планне тултармалли мерăсем çинчен» КПСС обкомĕн промышленноçпа транспорт пайĕн заведующийĕ П. Чичикин юлташ доклад туса парĕ.

Доклад хыççăн пренисем пуçланчĕç. Пренире «Легпромстройăн» 11-мĕш трестчĕн управляющийĕ Каплин юлташ, КПСС Улатăр хула комитечĕн секретарĕ Чистопольский юлташ, Çĕмĕрлери сĕтелпукан комбиначĕнче ĕçлекен столяр Одров юлташ, Шупашкарти электроаппаратура завочĕн директорĕ Ардаматский юлташ, Кирери вăрманпромхоз директорĕ Зеленков юлташ, Çул-йĕр управленийĕн начальникĕ Рунгш юлташ тата ыттисем те тухса каларĕç.

Паян канашлу малалла ĕçлет.

# Çĕрулмипе техникăлла культурăсене хăвăртрах акса пĕтерер!

### Чăваш АССР-ĕнчи колхозсенче çураки мĕнле пынине кăтартакан

### СВОДКА

### 1953 çулхи майăн 15-мĕшĕ тĕлне (процентпа)

| РАЙОНСЕМ | Çуртри акнă | Пĕрчĕллĕ тата пăрçа йышши культурăсем | Тулă | Пĕтĕн | Кантăр | Çĕрулми | Тымарçимĕçсем | Силос культурисем | Нумай çул ÿсекен курăксем |
|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|
| Комсомольски | 83 | 92 | 102 | — | 30 | 12 | 93 | 103 | 106 |
| Чкаловски | 82 | 87 | 106 | — | 42 | 17 | 109 | 124 | 104 |
| Елчĕк | 81 | 87 | 102 | — | 55 | 15 | 100 | 100 | 100 |
| Красноармейски | 80 | 94 | 96 | — | 35 | 12 | 60 | 86 | 99 |
| Элĕк | 79 | 96 | 101 | — | 7 | 4 | 49 | 82 | 85 |
| Шăхасан | 77 | 89 | 100 | — | 14 | 5 | 92 | 92 | 123 |
| Калинино | 77 | 93 | 98 | — | 10 | 5 | 63 | 80 | 121 |
| Советски | 76 | 96 | 108 | — | 5 | 14 | 61 | 88 | 91 |
| Шăмăршă | 76 | 83 | 94 | — | 10 | 12 | 34 | 65 | 72 |
| Чурачăк | 74 | 97 | 101 | — | 3 | 3 | 68 | 78 | 111 |
| Первомайски | 74 | 83 | 99 | 40 | 26 | 17 | 60 | 65 | 101 |
| Муркаш | 73 | 88 | 93 | — | 5 | 10 | 37 | 76 | 100 |
| Канаш | 73 | 84 | 106 | — | 6 | 0,4 | 83 | 78 | 108 |
| Шупашкар | 73 | 86 | 97 | — | 6 | 11 | 63 | 102 | 84 |
| Вăрмар | 71 | 81 | 92 | — | 4 | 0,7 | 62 | 76 | 105 |
| Вăрнар | 71 | 85 | 100 | 10 | 18 | 0,2 | 72 | 91 | 116 |
| Куславкка | 68 | 84 | 88 | — | 19 | 5 | 49 | 82 | 107 |
| Ишлей | 68 | 82 | 101 | — | 5 | — | 53 | 70 | 94 |
| Йĕпреç | 67 | 83 | 100 | 21 | 16 | 2 | 60 | 73 | 101 |
| Хĕрлĕ Чутай | 66 | 79 | 87 | 21 | 7 | 12 | 26 | 44 | 80 |
| Çĕрпÿ | 65 | 74 | 83 | — | 4 | 12 | 73 | 91 | 110 |
| Сĕнтĕр | 65 | 85 | 105 | — | 5 | 4 | 39 | 71 | 110 |
| Октябрьски | 63 | 75 | 92 | — | 6 | — | 29 | 71 | 89 |
| Кувакино | 62 | 74 | 90 | 27 | — | 2 | 34 | 47 | 94 |
| Сĕнтĕрвăрри | 58 | 73 | 83 | — | 3 | 4 | 42 | 55 | 126 |
| Тăвай | 56 | 65 | 76 | — | 0,8 | 0,2 | 50 | 68 | 86 |
| Етĕрне | 53 | 78 | 97 | 35 | 3 | 4 | 42 | 14 | 95 |
| Пăрачкав | 49 | 58 | 90 | 12 | — | 0,2 | 28 | 17 | 81 |
| Çĕмĕрле | 49 | 66 | 72 | 5 | 10 | 3 | 40 | 53 | 42 |
| Улатăр | 47 | 60 | 74 | 17 | — | 1,3 | 13 | 45 | 72 |

Шăхасан МТС-ĕн 6-мĕш трактор бригади «Красный Октябрь» колхозра ĕçлет. Механизаторсем уй-хирти ĕçсене хăвăрт туса пыма пулăшаççĕ.
ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: трактор бригадин бригадирĕ К. Петров юлташ каннă вăхăтра трактористсене хаçат вуласа парать.

А. КОСТИН фотоÿкерчĕкĕ.

## Тымарçимĕçсем халĕ те акман

СĔНТĔР, майăн 16-мĕшĕ. (Телефонпа). Районти «Броневик», «Колос», «Слава», «Знамя» колхозсем тымарçимĕçсемпе силос культурисем тата пĕр çул ÿсекен курăксем акмалли плана ăнăçлă тултарчĕç.

Анчах та тымарçимĕçсемпе силос культурисем акас ĕçе районти нумай колхозсем иртнĕ çулхи пекех кая хăварчĕç. «Хлебороб» колхоз пĕр çул ÿсекен курăксем акмалли плана пурĕ те 5 процент кăна тултарнă, тымарçимĕçсемпе силос культурисем акма тытăнман-ха. Çавăн пекех «Новая жизнь», Сталин ячĕпе, Ворошилов ячĕпе, Свердлов ячĕпе тăракан колхозсенче те тымарçимĕçсемпе силос культурисем пĕр гектар та акман. Çакă вăл колхоз председателĕсем кăçал та, иртнĕ çулхи пекех, выльăх апачĕ хатĕрлессишĕн япăх кĕрешнине кăтартса парать.

А. СОЛОВЬЕВ.

## Çĕрулми лартаççĕ

ПЕРВОМАЙСКИ, майăн 15-мĕшĕ. (Телефонпа). Малта пыракан колхозсем пĕрчĕллĕ тата пăрçа йышши культурăсем акмалли плана ăнăçлă тултарчĕç. Çакăнпа пĕрлех техникăлла культурăсем, тымарçимĕçсемпе силос культурисем акас ĕç те вăйланса пырать. «Красная поляна», Калинин ячĕпе тăракан колхозсем йĕтĕн акса пĕтерчĕç. «Путь социализма» колхоз виççĕмĕш кун çĕрулми лартать. Колхоз вăрлăх участокĕ çине çĕрулмие тăваткал кĕтесле майпа лартса хăварчĕ.

Çавăн пекех, «Большевик», Шверник ячĕпе тăракан, «Путь коммунизма» колхозсенче те çĕрулми лартма пуçланă.

## Тырăсене лайăх акса хăвартăмăр

КРАСНОАРМЕЙСКИ. «Партизан» колхоз членĕсем кăçал вăйлă тырпул туса илессишĕн пысăк хастарлăхпа кĕрешеççĕ. Колхоз çурхи тырăсем акмалли плана майăн 9-мĕшĕ тĕлне тултарчĕ. 266 гектар çине пĕрчĕллĕ тата пăрçа йышши культурăсене вăхăтра, тăпрана лайăх çемçетсе ретлĕ майпа акса хăварнă. Çурхи тулă 50 гектар çине, сĕлĕ 26 гектар çине сеялкăсемпе ансăр ретлĕ акнă.

Эпир кăçал нумай çул ÿсекен курăксене йăлтах сеялкăсемпе акса хăвартăмăр. Курăксем акмалли плана 147 процент тултартăмăр. Пĕр çул ÿсекен курăксене ир акакан культурăсемпе пĕрлех 30 гектар акнă. Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхоз опычĕпе усă курса, силос тума хĕвелçаврăнăшне викăпа хутăш 9 гектар çине акрăмăр.

Хальхи вăхăтра уй-хир бригадисенче тата колхозра ĕçлекен трактор бригадинче ăмăрту вăйлăн сарăлса пырать. Тымарçимĕçсем, техникăлла культурăсем акассине тата çĕрулмипе пахча çимĕçсем лартассине хăвăрт туса пыратпăр. Тымарçимĕçсене ретсем хушшине 60-шар сантиметр хăварса сеялкăсемпе акнă.

Вăрлăх хатĕрлеме 5 гектар çине кантăра трактор сеялкипе, сеялкăн варĕнчи икĕ семяпроводне питĕрсе, кантăр ăшне кĕрсе çÿремелли хушăсем хăварса, акрăмăр. Кантăр вырăнне малтан лайăх çĕрнĕ тислĕк кăларса тата минераллă удобренисем сапса çемçетнĕ. Кăçал колхоз иртнĕ çулхинчен 19 гектар ытларах, пурĕ 32 гектар çине кантăр акса хăварчĕ.

В. КУЗЬМИН.

## Хăмла плантацийĕнче

ОКТЯБРЬСКИ. «Звезда» колхоз кăçал 12 гектар çинчи хăмла плантацийĕнчен кашни гектар пуçне 10 центнер хăмла туса илме йышăннă.

Юр кайса пĕтсенех хăмла плантацинче рет хушшисене тислĕк хурса сухаланă. Хăмла тымарĕсене уçиччен минераллă удобрени сапса тухнă. Хальхи вăхăтра бригадăри колхозниксем хăмла тымарне лартма касса хатĕрлеççĕ. Бригада вăйĕпе кăçал пĕр гектар çинчи плантацие юсанă.

А. ПОЛИКАРПОВ.

# Тăван çĕршывра

## Ф. Э. Дзержинский памятникне уçни

Ф. Э. Дзержинский Барановичи облаçĕнчи Ивенец ятлă хулара çуралнă. Белоруссири çак ватă хулара майăн 17-мĕшĕнче Ф. Э. Дзержинский памятникне уçнă. Коммунистсен партийĕпе Совет государствин питĕ паллă деятельне хисеплесе лартнă памятнике уçнă çĕрте халăх нумай пулнă.

Кăнтăрла иртни виçĕ сехет çитнĕ тĕле хулари сквера тата çывăхри урамсене ĕççыннисем нумай пухăннă. Облаçри районсенчен 5 пин çын ытла килнĕ.

Памятник уçнă чухне митинг пулса иртнĕ. Митинга партин Ивенец райкомĕн секретарĕ П. М. Болозев уçнă.

Памятнике витсе хунă чаршава сирнĕ. Вара митинга пухăннă халăх умне бронзăран тунă бюст тухса тăнă. Памятник çине çапла çырса хунă:

Дзержинский Ф. Э.
1877—1926

Памятник патне вуншар чечек çыххи хунă.

## Çĕнĕ профессисем

КРАСНОДАР, майăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Крайри ялхуçалăх артелĕсенче сурăхсен çăмне касса илме пуçланă. Çăм касас ĕçе пур çĕрте те пекех электричествăпа ĕçлекен аппаратсемпе тăваççĕ. Кăçал çăм касмалли аппаратсем, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, 700 аппарат ытларах ĕçлеççĕ. Ĕçе механизацилени çăм касас ĕçе хăвăртлатма май панă. Çавна май çăм ытларах тухать. Мостовски районĕнчи колхозсенче кашни сурăхран, иртнĕ вăхăтрипе танлаштарсан, икĕ хут нумайрах çăм касса илеççĕ.

Çăм касас ĕçе механизациленĕ май колхозсемпе МТС-сенче çĕнĕ профессисем пулса тăнă. Çăм касакан агрегатсен начальникĕсем, çăм пахалакансем тата çăм касмалли машинăсене майлаштаракансем крайра 4 пин çын ытла шутланаççĕ.

## Куллен 250 пин кĕнеке сутăнать

Мускаври кĕнеке магазинĕсенче кашни кулленех вуншар пин çын пулать. Хальхи вăхăтра столицăра кĕнеке магазинĕсем 80 ытла тата кĕнеке киоскĕсем 200 ытла шутланаççĕ.

Мускаври 22 магазинта почтăпа кĕнекесем ярса паракан уйрăмсем тунă. Вĕсем Совет Союзĕнчи пур вырăнсене те кĕнекесем ярса параççĕ. Ятарласа уçнă виçĕ магазин техника ыйтăвĕсемпе çырнă кĕнекесем, 40-мĕш номерлĕ магазин нотăсем тата музыка литератури ярса параççĕ. Москниготорг магазинĕсем илемлĕ литература произведенийĕсене те почтăпа ярса пама тытăннă.

Союзлă республикăсенчи хуласемпе ялсенчен, çурçĕр енчи инçетри вырăнсенчен, Инçет Хĕвелтухăçĕнчен тата ытти вырăнсенчен те çĕршер çыру килсе тăрать. Çыру çыракансем почтăпа кĕнекесем ярса пама заказ параççĕ. 1952 çулта çавăн пек заказсем çур миллиона яхăн илнĕ, почтăпа 4,7 миллион ытла тĕрлĕрен кĕнекесем, нотăсем тата карттăсем ярса панă. Столицăра пурăнакан çур миллион çын ытла нумай томлă изданисене илме çырăннă. (ТАСС).

## Питĕ пысăк сулă

Майăн 16-мĕшĕнче Козьмодемьянскран Атăл тăрăх питĕ пысăк сулă ăсатнă. Пысăк сулăра 100 пин кубометр йывăç шутланать. Юханшыв тăрăх кун пек пысăк сулă йăлсе çÿрени халиччен пулман. Сулă тăршшĕ 500 метр ытла, урлăшĕ—100 метр ытла. Çак сулăри йывăçран пĕр хула пулмалăх стандартлă çуртсем лартма пулать. Сулăри йывăçа чугун çул тăрăх турттарас пулсан, хăватлă пăравуссем вуншар тата 5.000 вагонран сахал мар кирлĕ пулнă пулĕччĕ.

Козьмодемьянск пристанĕн начальникĕ Сорокин юлташ ТАСС корреспондентне пысăк сулă-караванă «Валерий Чкалов» ятлă буксир туртса кайни çинчен пĕлтерчĕ. Буксир команди Сталинград гидроэлектростанцийĕн строительстви валли йывăç срокчен илсе çитерме пулнă. Сулăри йывăçран пĕр пайĕ Астрахань, Баку, Махач-Кала тата Красноводск хулисене промышленноçпа транспорт валли тата пурăнмалли çуртсем тума каять.

«Валерий Чкалов» пăрахут капитанĕ Григорьев юлташ пысăк сулăсем илсе каяс ĕçе пуçарнă работниксенчен пĕри. Икĕ çул каялла вăл Козьмодемьянскран Сталинграда малтанхи хут пысăк сулă илсе кайнă. Çав сулăра 60 пин кубометр йывăç пулнă. Вăл 1952 çулта илсе кайнă сулăра 84 пин кубометр йывăç пулнă. Икĕ çул хушшинче пăрахут команди навигаци планне иртересе тултарнă.

(ТАСС).

## Пулă тытакансен çитĕнĕвĕ

ГУРЬЕВ, майăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Облаçри пулă тытакан колхозсем çур çул хушшинче пулă тытмалли задание 1,5 уйăх малтан тултарнă. Пĕлтĕрхи çак вăхăт тĕлне тытнипе танлаштарсан, пулă тытакан колхозсем кăçал 300 пин пăт нумайрах пулă тытнă. Пулă йышăнакан пунктсене планран иртересе тытнă пулă 100-шер центнер леçсе панă.

Уралпа Каспи бассейнĕнчи пулăçсем çулталăкри задание октябрĕн 25-мĕшĕ тĕлне пурнăçлама тата планран иртересе 180 пин центнер пулă тытма пулнă.

## Садри йывăççем чечеке ларнă

ТАРНОПОЛЬ, майăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Облаçри садсенче çимĕç йывăççисем чечеке ларнă. Груша, улмуççи тата чие çырли йывăççисем шап шурă курăнаççĕ.

Облаçри колхозсем çуркунне çимĕç йывăççисем лартмалли плана иртересе тултарнă. Халĕ ĕнтĕ çимĕç йывăççисем лартса ÿстернĕ çĕр лаптăкĕ 10 пин гектар ытла шутланать.

Виноградниксем тата çырла йывăççисемпе çырла курăкĕсем лартнă вырăн çулленех ÿссе пырать. Сад чĕртесси колхоз производствин пахă пайĕсенчен пĕри пулса тăрать. Облаçри ялхуçалăх артелĕсенчен виçĕ пайĕнчен икĕ пайĕ садсем чĕртнĕ.

## Çуркуннепе çуллахи пасарсем

Мускав облаçĕнчи 42 хулара уяв умĕн пасарсем пулнă. Пасарсенче ялхуçалăх продукчĕсем нумай сутнă, промышленность таварĕсем сутасси ик-виçĕ хут ÿснĕ. Орехово-Зуево хулинче пасар иртерме облаçри ытти хуласенчен лайăхрах хатĕрленнĕ. Кунта тулă çăнăхĕн хакĕ 30 процент, çĕрулми хакĕ 50 процент, аш-какай хакĕ 10—18 процент йÿнелнĕ.

РСФСР суту-илÿ министерстви Мускав облаçĕнчи опыта сарма, Россия Федерацийĕнчи хуласемпе поселоксенче çуркуннепе çуллахи пасарсем иртерме йышăннă. Пасарсене халăх ялхуçалăх ĕçĕсенчен ытларах пушаннă вăхăтра иртереççĕ.

(ТАСС).

## Плана срокчен тултарнă

КРИВОЙ РОГ. Фрунзе ячĕпе тăракан рудникри «Центральная» шахта коллективĕ майăн 16-мĕшĕнче пилĕк уйăхри плана тултарнă. Пĕлтĕрхипе танлаштарсан, тимĕр тăпри 13,5 процент ытларах кăларнă. (ТАСС).

# ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

## Ĕç тухăçлăхне ÿстерессишĕн кĕрешсе

Куславккари суртсем тăвакан завод коллективĕ ĕç тухăçлăхĕпе пахалăхне ÿстерес, продукцин хăйне хакне йÿнетес тĕлĕшпе сахал мар ÿсĕмсем турĕ. Коллектив умĕнче тата пысăкрах задачăсем тăраççĕ. Кăçал пĕлтĕрхипе танлаштарсан продукци туса кăларасса, хăйне продукцин хисепне икĕ хут ытла ÿстермелле, хăйне хакне усăсăр пĕтнĕ чĕртавартан çĕнĕ йышши хатĕрсем туса кăлармалла.

Çак ĕçре заводри парторганизаци хăйĕн пусарулăхне кăтартма тивĕçлĕ. Вăл çавăн пек тăвать те. Партбюро производствăри резервсене тупма, вĕсене туллин усă курассишĕн, султалăк плана срокчен тултарассишĕн хастарлă кĕрешет.

Парторганизаци пуçарнипе организаципе-техникăлла план тунă, ăна рабочисемпе пĕрле сÿтсе явнă тата ытларах производствăлла-техникăлла конференци ирттернĕ. Ку плана тĕплĕн сÿтсе явни администрацие парторганизацие пысăк пулăшу пачĕ. Ĕç тухăçлăхĕпе пахалăхне ÿстерес тĕлĕшпе рабочисем, инженерсемпе техниксем нумай паха сĕнÿсем пачĕç.

Рабочисем тата инженерсемпе техниксем столярнăй цехра потокла икĕ лини тума сĕнчĕç. Администраци вĕсен сĕнĕвне ырларĕ. Ку цехра çитес вăхăтра потокла линисем пулмалла. Çакна туни ĕç тухăçлăхне 5—7 процент ÿстерме, продукцин хăйне ларакан хакне чылай йÿнетме, производство культурине лайăхлатма нумай пулăшать. Экспедиципе транспорт пайĕн коллективĕ панă хаклă сĕнÿ те чылай ĕçсене çăмăллатать, щитсене алă вĕççĕн тиессине пĕтерме май парать.

Заводри партбюропа цехсенчи парторганизацисем организаципе-техникăлла план мĕнле пурнăçланса пынине тăтăшах тĕрĕслеççĕ. Тĕрĕслÿ итогĕсене цехсенчи парторганизаци пухăвĕсенче ытарласа сÿтсе яваççĕ. Администраци ĕçне тĕрĕслесе тăни плана ăнăçлă пурнăçлама пулăшать. Палăртнă ĕçсем срокчен пурнăçа кĕрсе пыраççĕ. Халиччен усăсăр пĕтнĕ чĕртавартан çĕнĕ йышши продукци тăвакан цехăн çуртне туса пĕтерсе ĕçе янă. Унти станоксене çĕнĕ йĕркепе вырнаçтарнă. Çапла туни ĕç тухăçлăхне ÿстерме, йывăç юрăхсăра тухассине 3—4 процент чакарма тата, пĕтĕмĕшпе илсен, çулталăкра пĕр миллион тенкĕ яхăн перекетлеме май парать.

Чĕртавар биржинче транспортера срокчен туса вырнаçтарнă. Унпа кирек хăш вăхăтра та бассейна йывăç пама пулать. Транспортера ĕçе янă хыççăн, малтан йывăç турттарнă çĕрте усă курнă автомашинăсене халĕ урăх çĕре куçарнă. Ĕç вăйĕ чылай пушанчĕ, йывăç турттарма бензин та тăккаланмасть.

Парторганизаци ытти пысăк ĕçсене те массăсемпе тачă çыхăнса туса пырать, рабочисен тата инженерсемпе техниксен творчествăлла пуçарулăхне ÿстерме тăрăшать. Рационализаципе изобретени ĕçĕсем мĕнле пыни çинчен рационализаторсен пухăвĕнче, партбюро ларăвĕнче, цехсенчи парти пухăвĕсенче сÿтсе явнă. Рационализаторсем çĕнĕ сĕнÿсем нумай пачĕç. Июльпе августра заводра рационализаторла сĕнÿсене пухса пурнăçа кĕртмелли икĕ уйăхлăх ирттерме палăртнă.

Заводри парторганизаци рационализаторсемпе изобретательсене, ĕç тухăçлăхне ÿстерме пулăшакан ăста çынсене сахал мар пăхса ÿстерчĕ. Чи лайăх рационализаторсем хушшинче эпир пуринчен малтан коммунистсене куратпăр. Техник-конструктор И. Агнишвили коммунист — тин пуçарулла рационализатор. Хăй ертсе пыракан (рамăсем тăвакан) участокра вăл ĕç тухăçлăхне 10 процент ÿстерчĕ. Суртсем тăвакан цехри механик Н. Портнов, столяр А. Петров, слесарь А. Васин, пичĕксем вырнаçтаракан И. Панков тата ытти юлташсем те усăллă пуçарулăхне аван палăртаççĕ.

Парторганизаци завод коллективĕн ăмăртăвне тăтăшах ертсе пырать, малта пыракан производственниксен опытне сарать. Мĕнпур рабочисене социализмла ăмăртăва хутшăнтарнă. Цехпа цех, сменăпа смена, бригадăпа бригада пĕр-пĕринпе ăмăртаççĕ.

Ăмăрту итогĕсене профсоюз организацийĕн цехсенчи комитечĕсенче тата завкомра пăхса тухмалла тунă. Мала тухнă цехсене куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялав параççĕ, сменăсемпе бригадăсене тата уйрăм рабочисене Хисеп грамотисемпе наградăлаççĕ.

Социализмла ăмăрту мĕнле пыни çинчен заводри нумай тиражлă хаçат çинче çырса тăраççĕ, кăтарту тата хисеп хăмисем çинче палăртаççĕ. Агитаторсем, ăмăрту мĕнле пыни çинчен сменăсенче тата участоксенче мĕнпур рабочисене каласа параççĕ, малта пыракансен опычĕпе паллаштараççĕ.

Кăçал пысăкрах ÿсĕмсем тумалли майсене тупса палăртас шутпа заводри парторганизацин усă пухăвне ирттернĕ. Унта пулнă юлташсем заводра туллин усă курман чылай резервсем пурри çинчен каларĕç. Пуху çакна палăртрĕ: çулталăкри производство планне Сталинла Конституци кунĕ тĕлне тултарма майсем пур. Коммунистсен çак йышăнăвне цехсенче тата профсоюз конференцийĕнче сÿтсе явнă. Завод коллективĕ парторганизаци пуçарăвне хапăл туса йышăнчĕ.

Коммунистсем хăйсен пуçарăвне ĕçпе çирĕплетсе пычĕç, вĕсем пултарулла ĕçĕсемпе мĕнпур коллектива хавхалантарчĕç. Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн депутачĕ М. Филиппова, цех мастерĕ А. Нигматуллин, столяр В. Никифоров тата ытти чылай коммунистсем ăмăртура мала тухрĕç. Г. Курбатов коммунист ертсе пыракан цехра квартал тăршшĕпех производство планне 128 процентран кая тултаракан пĕр рабочи те пулмарĕ. Ытти участоксенче те ĕç ăнса пычĕ. Çапла вара завод кварталти плана 118,3 процент тултарчĕ. Социализмла ăмăрту Май уявĕ умĕнхи тапхăрта тата ытларах вăйланса пычĕ. М. Макарычев коммунист ертсе пыракан цехра кулленхи нормăна пĕрре çуăраран кая тултаракан пĕр рабочи те пулмарĕ. Ăмăрту паян кун та вăйлăн пырать.

Коммунистсен пухăвĕ малта пыракансен опытне сарас тĕлĕшпе çак кунсенче стахановецсен слетне ирттерме палăртрĕ. Кашни цехрах стахановла шкулсем, техминимум кружокĕсем ĕçлеççĕ. Рабочисем хушшинче иккĕмĕш профессие вĕренес ĕç те анлă саралчĕ. Сăмахран, шоферсен курсĕнче 36 çын вĕренет.

Заводри парторганизаципе администраци ĕçĕнче çитменлĕхсем те пĕтсе çитмен-ха. Уйрăм участоксенче ĕç графикĕ пурнăçланса пымасть. Перекетлĕхшĕн пыракан кĕрешĕве ытларах вăйлатни кирлĕ. Хăшпĕр цехсенчи парторганизацисем партилле-политикăлла ĕçе кирлĕ таран йĕркелесе çитермен.

Заводри парторганизаци çитменлĕхсене пĕтерме, ĕçре пысăкрах ÿсĕмсем тума рабочисен тата инженерсемпе техниксен коллективне мобилизацилет.

**М. АЛЕКСАНДРОВ.**

## Коммунистсен активлăхне ÿстерессишĕн

Коммунистсен партийĕ парти членĕсен политикăлла тата производствăлла активлăхне вăйлатса пыма кирлине яланах асăрхаттарнă. «Центральнăй Комитет парти организацийĕсем умне тĕп вырăна партин шалти демократине çине тăрсах пурнăçа кĕртсе пырас, критикăпа самокритикăна вăйлатас, çак никĕс çинче парти органĕсен ĕçне партири массăсем тĕрĕслесе тăрассине вăйлатас задача лартрĕ, мĕншĕн тесен вăл пĕтĕм партилле ĕçе вăйлатмалли, парти организацийĕсен тата парти членĕсен активлăхĕпе пултарулăхне вăйлатмалли май пулса тăрать», терĕ Маленков юлташ партин XIX съездĕнче.

КПСС XIX-мĕш съезчĕн кăтартăвĕсем массăсен активлăхне ÿстерсе пырас ĕçре калама çук пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Эпир ăна Сĕнтĕр районĕнчи парти организацийĕн кулленхи практикăлла ĕçĕнче те курма пултаратпăр. Районти коммунистсем партипе правительство кăтартăвĕсене пурнăçлас ĕçре хăйсен пултарулăхне ытларах кăтартаççĕ, критикăпа самокритикăна сарса, ĕçри çитменлĕхсене çийĕнчех пĕтерсе пыма пулăшаççĕ.

XIX-мĕш съезд решенийĕсене эпир малтан районти партиц активĕн пухăвĕнче сÿтсе яврăмăр. Тухса калакан юлташсем парти райкомĕн ĕçĕнчи мĕнпур çитменлĕхĕсене уççăн палăртрĕç.

Парти райкомĕ пуçламăш организаци секретарĕсене тата мĕнпур коммунистсене идеологи енчен хĕçпăшаллантарас тĕлĕшпе кирлĕ таран ĕçлемен, партилле-политикăлла тата организацилле ĕçсенче пысăк çитменлĕхсем пуррине асăрхаман, коммунистсен активлăхне ÿстерессишĕн сахал тăрăшнă.

Парти райкомĕ актив панă сĕнÿсене тĕплĕн тĕпчесе вĕренчĕ, çитменлĕхсене пĕтерме тивĕçлĕ мерăсем йышăнчĕ. Халĕ эпир парторганизаци секретарĕсемпе семинарсене кашни уйăхрах туса ирттеретпĕр. Пропагандистсене те уйăхра пĕрер хутран кая мар семинара пухатпăр. Кусемсĕр пуçне, кăçал районти профсоюз активĕн пухăвне икĕ хутчен, агитколлектив руководителĕсен тата агитаторсен канашлăвĕсене уйрăмшарăн ирттернĕ. Парти райкомĕн штатра тăман докладчикĕсен йышĕ 40 çынна çитет. Вĕсем валли кашни уйăхрах инструктивлă докладсем туса паратпăр.

Лекцилле пропагандăна лайăхлатас енĕпе панă сĕнÿсене шута илсе, чылай ĕçсем туса ирттертĕмĕр. Кăçал виçĕ уйăх хушшинче районти ĕççыннисене 317 лекципе доклад туса панă, политикăлла тата наукăлла темăсем тăрăх пин калаçу ытла ирттернĕ.

Парти райкомĕ коммунистсемпе мĕнпур кадрсене идея тĕлĕшĕнчен хĕçпăшаллантарас ыйтăва пысăка хурса хаклать. Районти мĕнпур пуçламăш парторганизацисенче партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене вĕренес ĕçе йĕркеленĕ. КПСС райкомĕн штатра тăман лекторĕсем марксизм-ленинизм теорине вĕренекенсем валли парти съезчĕн историллĕ решенийĕсемпе И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă ĕçĕ çинчен тăтăшах лекцисем вуласа параççĕ.

Партилле-политикăлла ĕçе лайăхлатнă май чылай пуçламăш парторганизацисем хăйсен организаторла рольне ÿстерчĕç. Ку тĕлĕшпе уйрăмах «Çĕнĕ Юнга», «Колос», «Броневик», «Большевик» колхозсенчи пуçламăш парторганизацисем пуçарулла ĕçленине палăртмалла. Вĕсем парти пухăвĕсене вăхăтра, лайăх хатĕрленсе, идея тĕлĕшĕнчен çÿлĕ пусăмра ирттереççĕ. Асăннă колхозсем хуçалăхпа политикăлла ĕçсене вăхăтра туса пыраççĕ, çуракине пур енĕпе те ăнăçлă ирттереççĕ.

Анчах районта хăйсен ĕçне кирлĕ таран палăртайман пуçламăш парторганизацисем те пур-ха. Районти ялхуçалăх пайĕнчи, финанс пайĕнчи 1905 çулхи революци ячĕпе тăракан, «Аврора» колхозсенчи парторганизацисенче коммунистсен активлăхĕ пачах çителĕксĕр. Унта парти пухăвĕсене вăхăтра ирттермеççĕ, критикăла самокритикăна тивĕçлипе сарма тăрăшмаççĕ. Воспитани ĕçне япăхтарнине пула ку парторганизацисенче парти дисциплини те çителĕксĕр.

Пирĕн парти Уставĕ кашни коммуниста партипе государство дисциплинине çирĕп пăхăнма, парти решенийĕсене пурнăçлассишĕн активлă кĕрешме хушать. Пуçламăш парторганизацисен коммунистсене марксистла-ленинла воспитани парассишĕн ытларах тăрăшмалла, КПСС членĕсемпе кандидачĕсем умне лартакан требовани ытларах ÿстермелле, критикăпа самокритикăна аталантарса пырса, коммунистсен активлăхне вăйлатмалла.

**М. КОМАРОВ,**
**КПСС Сĕнтĕр райком секретарĕ.**

## Политикăлла агитацин витĕмлĕхĕ

«Новь» колхозри коммунистсенчен нумайăшĕ ĕçĕн тĕрлĕ участокĕсенче ĕçлеççĕ. Пĕрисем—уй-хир бригадин бригадирĕсем, теприсем—выльăх-чĕрлĕх пăхнă çĕрте, строительство бригадинче. Хальхи вăхăтра вĕсенчен чылайăшĕ уй-хирте, акара ĕçлет.

Уй-хир ĕçĕсем пуçланиччен коммунистсен пухăвĕнче парторганизацин çураки вăхăтĕнчи ĕçĕсен планне çирĕплетнĕ, коммунистсене уйрăм участоксене вырнаçтарса тухнă. Коммунистсемпе партире тăман активран 28 агитатор суйласа илсе çирĕплетнĕ.

Агитколлектива парторганизаци секретарĕ Филатов юлташ ертсе пырать. Вăл агитаторсен семинарĕсене вăхăтра ирттерет, вĕсене задание парать тата вĕсен ĕçне тăтăшах тĕрĕслет.

Çураки ĕçĕсем пуçланнăранпа парторганизаци хăйĕн ĕçне уй-хире куçарчĕ. Хирте ĕçлекен колхозниксем хушшинче кулленех политикăлла калаçусем пулаççĕ, хаçатсем вуласа параççĕ. Агитаторсем Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем çинчен, çĕнĕ пилĕк çуллăхра ялхуçалăхĕ умĕнче тăракан задачăсем çинчен, партипе правительство постановленийĕсем çинчен ăнлантарса параççĕ.

Партбюро механизаторсем хушшинче ĕçлесси çине уйрăмах тимлĕн пăхать, мĕншĕн тесен çуракин ăнăçлăхне вĕсем татса параççĕ. Юдин, Сергеева, Иванова, Рогов тата ытти юлташсем трактористсем валли час-часах калаçусем ирттереççĕ, вĕсене хаçатсем, илемлĕ литература кĕнекисен сыпăкĕсене вуласа параççĕ, çуракине ăнăçлă ирттерме хавхалантараççĕ.

Рогов агитатор çак кунсенче «Социализмла ăмăрту тата трактор бригади колхозсен уй-хир бригадисемпе таччăн çыхăнса ĕçлесси» темăпа калаçу ирттерчĕ. Вăл пирĕн республикăри малта пыракан колхозсен ĕçри паха тĕслĕхĕсене илсе кăтартрĕ. Хăйсен колхозĕнчи Ларин юлташ ертсе пыракан уй-хир бригади пĕлтĕр 25 гектар çинче кашни гектар пуçне 26-шар центнер çурри тулă мĕнле майпа туса илме пултарни çинчен каласа пачĕ.

Трактористсем валли пĕчĕк вагон тунă. Унта аслă çулпуçсен В. И. Ленинпа И. В. Сталинăн портречĕсем пур. Кунтах—çуракине ăнăçлă ирттерме чĕнекен лозунгсемпе плакатсем, кашни тракторист сменăри нормăна мĕнле тултарнине тата çунтармалли япаласене мĕн чухлĕ расходланине кăтартакан хăма, центрти, республикăри тата районти хаçатсем, трактор бригадин боевой листокĕпе МТС-ăн нумай тиражлă хаçачĕ.

Колхозниксемпе механизаторсем хушшинче ирттерекен калаçусене агитаторсем колхоз умĕнче тăракан задачăсемпе таччăн çыхăнтараççĕ, уй-хир ĕçĕсен пахалăхне асăрхасах тăраççĕ.

Ака пуçламăшĕнче Сусленков тракторист 7 гектар çинче культиваци япăх тунă. Кун çинчен бригадăри трактористсем хушшинче çийĕнчех сÿтсе явнă. Çавăн хыççăн асăннă тракторист хăйĕн ĕçне тепĕр хут турĕ. Халĕ хăйĕнпе пĕрле ĕçлекен Матюгин юлташпа сменăри нормăна ытлашшипех тултарса пырать тата ĕçе лайăх тăвать.

Парторганизаци колхозниксемпе механизаторсем хушшинче политикăлла агитацие пĕрмаях тата витĕмлĕн туса пыни çуракине тата хуçалăхри ытти ĕçсене ăнăçлă тума май парать. Колхоз ир акакан тĕштырăсене 8 ĕç кунĕнче, районта чи малтан акса пĕтерчĕ. Вĕсене пĕтĕмпех ретлĕ майпа акнă. Сортланă, яровизациленĕ тата вутпуççинчен тасатнă вăрлăх акнă.

Çавнашкалах колхоз кĕрхи тырăсен калчине апат парса çÿрелесе хăварчĕ.

Çураки ĕçĕсене тунипе пĕрлех колхоз обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли апат хатĕрлесси çине те тимлĕ пăхать. Пĕр çул ÿсекен курăксем 90 гектар акнă. Нумай çул ÿсекен курăксем, тымарçимĕçсем, силос тумалли культурăсем тата çĕрулми те пысăк лаптăк йышăнаççĕ. Строительство бригади 80 ĕне вырнаçмалăх вите тума тытăнчĕ.

**Р. АВАНСКИЙ.**

Куракине районĕ.

## Хаçат витринисем çинчен

УЛАТĂР. Хаçат витрини пичете халăх хушшине сармалли тата политикăлла агитаци тумалли майсенчен пĕри пулса тăрать. Çакна шута илсе, КПСС Улатăр хула комитечĕ хулари хаçат витринисем çинчен сÿтсе яврĕ.

Хулари парторганизацисен секретарĕсем хаçат витринисен пĕлтерĕшне ăнланман. Çавна пула унта хаçат витринисем е пачах çук, е тата, пулсан та, витринăсем çине хаçатăн пĕр енне кăна çапаççĕ. Капла туни вулакана хаçатăн пĕтĕм содержанийĕпе паллашма май памасть.

Хула комитечĕн бюровĕ халăх пуханакан вырăнсенче хаçат витринисем çĕнĕрен тума палăртрĕ. Пуçламăш парторганизацисене хаçат витринисене лайăхлатма, вĕсене куллен асăрхаса тăма хушрĕ.

# Йÿçек тăпрасене извеçлени тырпул тухăçлăхне ÿстерме пулăшать

Пирĕн Чăваш республикинчи нумай районсенче йÿçек тăпраллă çĕрсем нумай. Йÿçек тăпра шутне пуринчен малтан çакăн пек тăпрасем кĕреççĕ: çеремлĕ-кĕллĕ тăпрасем, çеçенхирти е ĕлĕкрех вăрман ÿснĕ вырăнсенчи кăвак тăпрасем. Ун пек тăпрасем пирĕн республикăри тырпул акса тăвакан çĕр лаптăкĕн çуррине яхăн йышăнса тăраççĕ. Çавăн пек йÿçек тăпраллă çĕрсем уйрăмах Сĕнтĕр, Шупашкар, Сĕнтĕрвăрри, Октябрьски тата Ишлей районĕсенче нумай, çавăн пекех тата ытти районсенче те чылай тĕл пулаççĕ.

Йÿçек тăпрасене извеçлени мĕнпур ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне хăпартмалли пысăк ĕç пулса тăрать. Йÿçек тăпрасене извеçлени пуринчен те ытларах клевер, люцерна, çурхи тулă, махорка, кăшман, купăста тухăçлăхне хытă ÿстерет, вăл тăпрара пулакан марганецпа алюминин наркăмăшлă элеменчĕсем ÿсентăрансене сиен кÿрессине нумай чакарать.

Извеçленĕ тăпрара ÿсентăрансене усă кÿрекен микроорганизмсем ăнăçлă ĕçлеме пуçлаççĕ, ун пек çĕр çĕрĕк тăприпе пуянланать, тăпра кĕрпеклĕхĕ лайăхланать. Çавна май вара ÿсентăрансем лайăх усă курма пултаракан апатсем те (азот, фосфор, кали, кальци, магни т. ыт. те) нумайланаççĕ.

Тăпрасене извеçлени çĕрĕçĕнче пысăк вырăн йышăнса тăрать пулин те, пирĕн Чăваш республикинчи колхозсем çак меслетпе ку таранччен тивĕçлипе усă курни çук-ха. Тăпрасене извеçлеме кăтартса панă плансене пирĕн колхозсем çулсеренех тултарса пымаççĕ.

Тăпрасене извеçлени курăксем акмалли пусă çаврăнăшĕсене йĕркелесе çитерме чухне уйрăмах пысăк вырăн йышăнса тăрать. Нумай çул ÿсекен курăксем, уйрăмах клеверпа люцерна, вăйлă та тухăçлă пулма пуçличчен, курăксем акмалли пусă çаврăнăшне чăннипех пурнăçа кĕртсе çитересси çинчен шухăшламалли те çук. Анчах йÿçек тăприсем çинче курăксем нихçан та вăйлă пулмаççĕ. Малтан известь сапса тăпрари ытлашши йÿçеке пĕтерес пулать, унтан тин вара тухăçлă курăксем туса илме пулать. Гектар çинчен кашни çулмассерен яланах 30—40 центнер нумай çул ÿсекен курăксен утти пухса пырсан тин тăпра кĕрпекленсе лайăхланать, унăн тухăçлăхĕ ÿсет. Çапла вара курăксем хыççăн акакан мĕнпур культурăсем (тĕпитырăсем, техникăлла культурăсем, çĕрулми) ÿсмелли условисем лайăхланаççĕ.

Тăпра йÿçекне пĕтерме гектар çине 3—5 тонна известь сапмалла. Вăл вара пусă çаврăнăшĕнчи пур культурăсен тухăçлăхне те вăйлатма çитет.

Опытсем çакна çирĕплетсе панă: йÿçек тăпра çине сапнă кашни тонна известь пусă çаврăнăшĕнче çав вырăна акнă пур ялхуçалăх культурисене те (тĕштырă çине куçарса шутласа) 12—15 центнер ытларах туса илме май парать.

Ишлей районĕнче пулнă опытлă станцинче (халĕ унта Чăваш ялхуçалăх институчĕн вĕренÿ хуçалăхĕ) тăпрана извеçленĕ хыççăн клевер утин тухăçлăхĕ мĕнле ÿснине сăнаса тĕпченĕ. Кунта тăпра çине извеçе ыраш акмалли уя сĕртме тунă чухне сапнă, ыраш калчи çине клевер акнă. Таблицăра çав опытăн результатне кăтартса панă:

| Удобренисем | Клевер ути пĕр гектартан çакăн чухлĕ тухнă (центнерпа): 1-мĕш çул | 2-мĕш çул | Икĕ çулта пĕрле | Пĕр гектар çинче миçе центнер | Процентпа шутласан хушăнна |
|---|---|---|---|---|---|
| Известь сапмасăр | 17,4 | 25,6 | 43,0 | — | — |
| Пĕр гектар çине пĕр тонна, известь сапсан | 23,7 | 28,4 | 52,1 | 8,9 | 21 |
| Пĕр гектар çине 3 тонна известь сапсан | 24,2 | 31,3 | 55,5 | 12,5 | 28 |

Çапла ĕнтĕ 3 тонна известь сапнă гектар çинче икĕ çулта утă 12,5 центнер ытларах тухнă.

### ТĂПРА ÇИНЕ ИЗВЕСТЬ САПМА КИРЛИНЕ ТАТА МĔН ЧУХЛĔ САПМАЛЛИНЕ ПĔЛЕССИ

Тăпрара ытлашши йÿçек пуррине çав çĕр çинче ÿсекен çум курăкĕсенчен курма пулать. Кăшкарути, чăрăштăрри, жабрей (пикульник) çумкурăксем лайăх ÿсеççĕ, клеверпа люцерна начар ÿсеççĕ пулсан, вара пĕлсех тăр: çав участокри çĕр йÿçек тăпраллă, ăна извеçлес пулать.

Тăпрара йÿçек мĕн чухлĕ ытларах, известь те çавăн чухлĕ нумайрах сапас пулать. Ялхуçалăх культурисем вăйлă ÿсмелле пултăр тесе, тăпрари ытлашши йÿçеке пĕтерме çакăн чухлĕ известь сапмалла: хăйăрлă тăпрасемпе хăйăрлă çăмăл тăм тăприсем çине—пĕр гектар çине 2 тоннăран пуçласа 3 тонна таран, хăйăрлă вăтам тăм тăприпе хăйăрлă йывăр тăм тăпри çине гектар пуçне 3 тоннăран пуçласа 5 тонна таран сапмалла. Çавăн чухлĕ сапнă известь хăвачĕ 8—10 çул хушши пырать, унтан каллех чакать, çавăнпа та пусă çаврăнăшĕ тепре çаврăнса çитсен, тăпрана çĕнĕрен извеçлес пулать.

Извеçе кунта кăтартнă виçерен ытлашши сапма кирлĕ мар. Кăтартнă виçене ÿстермесĕр йÿçек тăпраллă участоксен пысăкрах лаптăкне извеçлесен ытларах усă пулать. Извеçлĕ удобренисем çителĕклĕ пулмасан, сапмалли виçене пĕчĕклетсе пулин те пысăкрах лаптăксене извеçлеме тăрăшас пулать.

### ИЗВЕÇЛĔ УДОБРЕНИСЕМ ТАТА ВĔСЕНЕ ТĂПРА ÇИНЕ САПМА ХАТĔРЛЕССИ

Тăпрари йÿçеке пĕтерме пултаракан извеçлĕ породăсем пирĕн Чăваш республикинче нумай. Ун пек породăсен шутне çаксем кĕреççĕ: извеçлĕ туф, мергель, известь чулĕсем. Тăпрана извеçлеме, пуринчен малтан, çемçе извеçлĕ породăсемпе, сăмахран, извеçлĕ туфпа тата мергельпе усă курмалла, вĕсене авăртса е хĕртсе вĕтетме те кирлĕ мар. Çемçе извеçлĕ породăсем çук çĕрте хытă известь чулĕсемпе усă курма юрать, анчах вĕсене малтан авăртса е хĕртсе вĕтетес пулать. Çемçе извеçлĕ породăсем те, хытă извеçлĕ породăсем те пирĕн республикăра уйрăмах çеремлĕ-кĕллĕ тăпра районĕсенче нумай.

**Извеçлĕ туф** юханшыв айлăмĕсенче, çырма тĕпĕсенче, çăлкуçсем юхса тухакан вырăнсенче пулаççĕ; çавна пула извеçлĕ туфа хăшпĕр тĕлте çăлкуç извеçĕ е тата çаран извеçĕ теççĕ. Извеçлĕ туф пирĕн республикăн чылай районсенче пур, сăмахран, Сĕнтĕрвăрри, Куславкка, Сĕнтĕр, Чкаловски районĕсенче. Тăпрана извеçлеме ку районсенче извеçлĕ туф тĕп удобрени шутĕнче пулмалла. Извеçлĕ туф—питĕ паха удобрени, вăл 70—80 процент таран углекислăй извеçрен тăрать, хăш чухне ку процент унтан та ытларах пулать. Извеçлĕ туф ялан тенĕ пекех çемçе, кăпăшка пулать, вăл пĕчĕк муклашкасенчен тăрать, çавăнпа ăна катокпа е тукмакпа кăшт вĕтетсенех сапма юрăхлă пулать.

**Мергеле** урăхла рухляк теççĕ. Вăл та, извеçлĕ туф пекех, çемçе извеçлĕ порода. Мергельте извеççĕр пуçне хăйăрпа тăм хутăшĕ нумай, çав хутăш тепĕр чухне 70 процент таранах пулать. Чăваш республикинче мергель пуринчен ытла Шупашкар, Ишлей, Сĕнтĕрвăрри, Куславкка районĕсенче нумай.

Мергеле тăпра çине сапмашкăн авăртса вĕтетме кирлĕ мар, ăна извеçлеме палăртнă уя кĕркунне кăларса хумалла та, хĕл каçма купасем туса хăвармалла. Хĕл каçиччен мергель сивĕсене пула саланса каять, кĕрпеклĕ масса пулса тăрать, вара тăпра çине сапма юрăхлă пулать.

Мергельте хăйăрпа тăм хутăшĕсем нумай пулнăран, ăна извеçлĕ туфран 2—4 хут ытларах сапас пулать.

**Известь чулĕ** — çирĕп чул, унта 90 процент таран углекислăй известь. Известь чулĕ (известняк) пирĕн республикăра чылай районсенче пур, сăмахран, вĕсем Куславкка, Сĕнтĕрвăрри, Шупашкар, Ишлей, Сĕнтĕр, Пăрачкав районĕсенче тĕл пулать.

Çемçе извеçлĕ породăсем çук, анчах та хытă извеçлĕ породăсем выртакан районсенче известь чулĕсене авăртса хатĕрлес ĕçе йĕркелесе ярас пулать, вĕсенчен тăпра çине сапма юрăхлă известь çăнăхĕ тата çунтарнă известь тăвас пулать. Известь чулĕсенчен известь çăнăхĕ хатĕрлес ĕçе колхозсенчех йĕркелесе яма пулать. Ăна йĕркелеме выльăх апачĕ вĕтетсе паракан дробилкăсемпе усă курма пулать. Дробилка пайĕсем час юрăхсăра ан тухчăр тесе, вĕсен хăшпĕр пайĕсене çирĕп металтан тунă пайсемпе улăштарса лартмалла.

Тăпрана извеçлеме тата торф кĕлĕпе усă курмалла. Ун пек чухне торф кĕлне пĕр гектар çине 5—7 тонна хывас пулать.

### ИЗВЕÇЕ ПУСĂ ÇАВРĂНĂШĔНЧИ ХĂШ КУЛЬТУРА УМĔН, МĔНЛЕ ĔÇ ТУНĂ ЧУХНЕ САПМАЛЛА?

Тăпрана извеçлес ĕçĕн тĕп тĕллевĕ — нумай çул ÿсекен курăксен тухăçлăхне ÿстересси. Çавăнпа та пусă çаврăнăшĕнче извеçе нумай çул ÿсекен курăксем акма сывхарса çитекен уйсенче сапас пулать. Нумай çул ÿсекен курăксене ыраш калчи çине акмалла пулсан, извеçе сĕртме сухи тунă чухне сапас пулать. Нумай çул ÿсекен курăксене çуртри çине акаççĕ пулсан, извеçе çуртри акма хатĕрлекен уя кĕрхи сĕртме тунă чухне хывмалла. Известь хывни уйрăмах нумай çул ÿсекен пăрса йышши курăксене вăй парать. Нумай çул ÿсекен пăрса йышши е пучахлă курăксем тăпрана извеçленипе вăйлă çитĕнеççĕ. Çакă вăл хăй енчен тăпра структурине лайăхлатать, тăпрара органически япаласемпе азота çителĕклĕ пухăнма пулăшать. Çапла вара ун пек тăпра çинче пусă çаврăнăшĕнчи нумай çул ÿсекен курăксем хыççăн акакан пур культурăсем те: çурхи тĕштырăсем те, техникăлла культурăсем те, çĕрулми те пысăк тухăçлă пулаççĕ.

Кĕрхи тырăсем акмалли уя çĕртме тунă чухне е çурхи тырăсем акмалли уя кĕрхи çĕртме туса хăварнă чухне извеçлеме май килмесен, усси ун пекех пысăк пулмасан та, извеçе çуркунне, нумай çул ÿсекен курăксене калчасем çине акнă хыççăн, сапма юрать е тата кĕркунне, нумай çул ÿсекен курăксем çинчи тырпула пухса илнĕ хыççăн сапма юрать. Апла та май килмен чухне извеçе тепĕр çуркунне çав çул пĕрремĕш çул çулмалли курăк калчисем çине сапма юрать.

Извеçе кирек хăçан та хатĕрлеме юрать, уя та кирек хăçан та кăларма юрать. Çапах та уя хĕллехи вăхăтра çуна çулĕпе кăларсан лайăхрах. Уя кăларакан известь хисеппе шута илсе пыма йывăç ещĕксем хатĕрлеççĕ. Пĕр кубла метр ещĕка тулли тултарнă извеçлĕ туф пĕр тоннăна яхăн таять, известь çăнăхĕ — тонна çурă пулать. Пĕр гектар çине известь мĕн чухлĕ сапасси çав извеçре нÿрĕ тата тĕрлĕрен хутăшсем мĕн чухлĕ пулнинчен килет.

Извеçе тăпра çине ятарласа тунă машинăсемпе сапсан пуринчен те лайăхрах. Пирĕн заводсем халĕ ун пек машинăсем нумай туса кăлараççĕ, вĕсене пĕр йышшисене известкоразбрасыватель теççĕ, тепĕр йышшисене—известковăй сеялка теççĕ. Ку машинăсемпе извеçе хăвартрах сапса пĕтерме пулать тата ĕçлеме те нумай çăмăлтарах. Машинăсем илеймен пулсан, извеçе алăпа ĕçлесе савуксемпе е ахаль кĕреçесемпех сапма пулать.

Извеçе ыраш акма хатĕрлекен уя тĕп çĕртме е акас умĕн иккĕмĕш (ăшăк) çĕртме тунă чухне, çуртри акма хатĕрлекен уя кĕрхи çĕртме тунă чухне сапас пулать, известь сийне пур тĕле те пĕр пек ÿкерсе пыма тăрăшмалла.

Извеçе ытти удобренисемпе пĕрле хутăштарса сапма хушмаççĕ, уйрăмах тислĕкпе тата азотлă аммиаклă удобренисемпе (аммиаклă селитрăпа, аммони сульфачĕпе) хутăштарма кирлĕ мар. Ун пек тусан, вĕсенчен аммиаклă азот сывлăша кайса пĕтет. Çавăн пекех тата извеçе фосфорлă удобренисемпе те (суперфосфат, фосфорит çăнăхĕ) хутăштарма юрамасть, мĕншĕн тесен çав удобренисенчи фосфор ÿсентăрансем усă курма пултараймин хытса каять.

Çеремлĕ-кĕллĕ тăпрасене суха касси тарăнăшне тарăнлатса сухаланă чухне извеçлесен пуринчен те лайăхрах пулать. Ун пек чухне извеçе тарăнлатса сухаланă уйри тăпра çине сапаççĕ те, вара вăл тепре ăшăх сухаланă чух тăпра айне пулса юлать.

### ИЗВЕСТЬ НОРМИНЕ ЧАКАРСА ТĂПРАНА ИЗВЕÇЛЕНИ

Тепĕр чухне хăшпĕр колхозсем уя пусă çаврăнăшĕнчи хушăра пĕрре сапсах известь нормине (пĕр гектар çине 3—5 тонна) пĕтĕмĕшпех хывма пултараймаççĕ. Ун пек чухне гектар çине пĕрре сапнă чухне хывмалли нормăна пĕчĕклетеççĕ. Наука ку тĕлĕшпе çак виçĕ тĕслĕ мелпе ĕçлеме сĕнет:

1. Гектар çине извеçе 1 тоннăран пуçласа тонна çурă таран хывмалла. Вара сапнă извеçе тăпра айне тумашкăн уя плугпа сухаламалла мар, извеçе сухалакан тăпран пĕтĕм сийĕпе хутăштарса яма юрамасть, сапнă извеçе тăпра айне культиваторпа витмелле, ăна тăпран çÿлти сийĕпе кăна хутăштармалла. Извеçе çак мелпе тăпран çÿлти сийĕ ăшне кăна кĕртсен, шăтса тухакан клеверпа люцерна тымарĕсем тăпран ытлашши йÿçекĕ пĕтнĕ сийĕнче аталанаççĕ, çавăнпа та çав курăксем вăйлă ÿсме пултараççĕ. Тăпрана çак мелпе извеçлес пулсан, извеçе тĕштырăсем акас умĕн çĕртме тунă уя культиваци тунă чухне е çÿреленĕ чухне тата кĕрхи çĕртме тунă чухне те, тĕштырăсем акнă хыççăн та вĕсем çине сапма юрать (паллах ĕнтĕ, нумай çул ÿсекен курăксем акмалли уя), çавăн пекех тата çуркунне те çав çулхине пĕрремĕш çул çулмалли курăксем йышăнакан уя та сапма юрать.

Çак мелпе нормăна чакарса хывнă известь ик-виç çул хушши кăна, сухалакан тăпран пĕтĕм сийĕпе хутшăнса кайиччен кăна тулли усă парать. Ик-виçĕ çултан унăн усси чакать, çавăнпа та çав уйсене кашни ик-виçĕ çултан çĕнĕрен çав мелпех извеçлес пулать, пусă çаврăнăшĕ пĕрре е икĕ хут çаврăнса çитнĕ хушăра тăпрана тулли нормăпа извеçлесе çитермелле пултăр.

2. Пĕр гектар çине извеçе тата пĕчĕкрех нормăпа, мĕн пурĕ те 2—3 центнер кăна сапма сĕнеççĕ. Ун пек чухне извеçрен гранулăсем туса хатĕрлеççĕ те нумай çул ÿсекен курăк вăррисемпе пĕрле сеялкăн ещĕкне хываççĕ, вара известь пĕрчисем те акакан курăк вăррисемпе пĕрлех тăпра çине ÿксе пыраççĕ. Çавăн пек хывнă известь тăпран çÿлти сийĕнчи ытлашши йÿçекне пĕтерет, аялти сийĕнчи йÿçеке нумай çул ÿсекен курăксен (клеверпа люцерна) тымарĕсем патне çитме памасть. Шăтса тухнă курăк тымарĕсем çавна пула лайăх хăватланса каяççĕ те, курăксем малалла вăйлă ÿссе кайма пултараççĕ.

3. Тăпра çине извеçе пĕчĕк нормăпа минераллă удобренисен, уйрăмах аммони сульфачĕн, аммиаклă селитрăн, суперфосфатăн йÿçек енĕсене чарса лартма сапаççĕ. Минераллă удобренисен йÿçек енĕсене чарса лартас тĕлĕшпе çав удобренисене тăпрана хывас умĕн кăна извеçпе хутăштараççĕ. Виçи çапла пулмалла: 1 центнер аммони сульфатне—1,3 центнер известь илсе, 1 центнер аммиаклă селитрăна—0,7 центнер известь илсе, 1 центнер суперфосфата—0,2 центнер известь илсе хутăштараççĕ. Минераллă удобренисен йÿçек кÿрекен енĕсене çапла майпа пĕтерсе, тăпра йÿçекленсе пырассине чакараççĕ, çакă вара удобренисен усă паракан хăватне вăйлатать.

Тăпрана извеçлени—социализмла çĕр ĕçĕнче пысăк вырăн йышăнса тăрать. Ку ĕçе колхозсен халех тытăнмалла. Çавăнпа та çак çулсенче кашни район тăрăх, кашни колхозрах хăш уйсенчи тăпрана мĕнле виçепе извеçлеме кирлине, ăçта тата мĕн чухлĕ извеçлĕ удобренисем пуррине лайăх пĕлсе шута илмелле.

Ку ĕçре МТС-сен ролĕ питĕ пысăк. Вĕсем хăйсен машинисемпе колхозсене известь турттарса хатĕрлеме пулăшмалла. Ялхуçалăх министерствипе районти ялхуçалăх пайĕсен тăпрасене извеçлес ĕçе куллен ертсе пымалла.

**А. ШВЕДОВ,**
**ялхуçалăх наукисен кандидачĕ.**

*Экзаменсем умěн*

# Шкул экзамена хатěр

Шупашкарти хěрачасен 3-мěш номерлě шкулěнчи учительсем экзамена хатěрленес тěлěшпе чылай ěçсем туса ирттерчěç. Пур классенче те программăпа палăртнă материала вěренсе пěтерчě, вěренÿ çулěнче вěреннине тепěр хут аса илнě. Учительсем вěренÿре ěлкěреймен шкул ачисемпе кашниншех уйрăммăн ěçлерěç, консультацисем ирттерессине йěркеленě. Хими, физика, биологи тата ытти кабинетсенче шкул ачисем лабораториллě ěçсем турěç.

Шкулти партипе комсомол тата пионер организацийěсем хăйсен ěçěнче экзамена хатěрленсе ирттерессине тěп вырăна хунă. Экзаменсене хатěрленесси çинчен пухусенче сÿтсе явнă. Шкулта вěренекенсен ашшě-амăшěсемпе конференци ирттернě. Унта «Çемье тата шкул» тема тăрăх Чăваш педагогика институчěн преподавателě Потапова юлташ доклад туса панă.

Шкулта наглядлăй агитацие анлăн усă кураççě. Лозунгсемпе плакатсем тата стена хаçачěсем шкул ачисене вěренÿри чи паллă тапхăра—экзаменсене лайăх хатěрленсе ирттерме чěнеççě. Вестибюльре пысăк стенд тунă. Унта — ÿкерчěксем, «Пионерская правда» хаçатра пичетленнě статьясем, экзаменсем ирттермелли йěрке тата ытти те.

«Вăхăтпа лайăх усă курсан, эсě пур предметсемпе те тěплěн хатěрленěн», «Вěренÿ çулне ěçлě ирттернě пулсан, экзаменсене те ăван парăн»—çакăн пек лозунгсем курма пулать вестибюльри стенд çинче.

Уйрăм классенче тата шкулта пионер организацийě кăларакан хаçатсенче, çавăн пекех учительсен хаçачěсенче те экзаменсене хатěрленес ěçе анлăн çутатнă. Статьясемпе заметкăсенче шкул ачисем уйрăм предметсене мěнле аса илни çинчен каласа параççě, вěренÿре ěлкěреймен нисене критиклеççě.

«Учитель» хаçатра вěренÿ çулне йăнăçлă вěçлесен çинчен уйрăм статья пичетленě. Унта экзаменсене хатěрленес тěлěшпе учительсем умне конкретлă задачăсем кăларса тăратнă.

Шкулта туса ирттернě çак ěçсем пурте экзаменсене хатěрленес тěлěшпе пысăк пулăшу параççě. Учительсем экзамен билечěсем валли материалсем хатěрленě: математикăпа, химие, физикăпа задачăсем пухнă, вырăс тата нимěç чěлхипе грамматикăлла разбор тума предложенисем çырса хатěрленě, экзаменсем ирттернě чухне кирлě документацие тепěр хут пăхса тухнă. Экзамен ирттерекен комиссисем тунă.

**А. ЖЕЛТОВА.**

## Пăрачкаври педагогика училищинче

ПАРАЧКАВ. И. Н. Ульянов ячěпе тăракан педагогика училищěн I—III-мěш курсěсенче вěренекенсем пěр курсран тепěр курса куçмалли экзаменсем, IV-мěш курсрисем государство экзаменěсем пача хатěрленеççě.

Экзамена хатěрленесси çинчен педагогика совечěн ларăвěнче тата вěренекенсен пухăвěнче сÿтсе явнă.

Çак кунсенче ку ыйтăва дирекци ларăвěнче те пăхса тухрěç. Ларура преподавательсемсěр пуçне, вěренекенсен представителěсем те пулчěç. Преподавательсемпе вěренекенсем РСФСР Çутěç министерствин экзаменсене мěнле ирттермелли çинчен калакан инструкцийěпе тěплěн паллашрěç.

Вěренÿ çулěн çак чи ответлă тапхăрне нихçанхинчен те лайăх хатěрленсе ирттерес тěллевпе училищěре тěрлěрен практикăлла ěçсем ирттерме палăртнă, халě çав ěçсене пурнăçласа пыраççě.

Физикăпа, химипе, ботаникăпа тата экзамен тытмалли ытти предметсемпе практикăлла занятисем ирттернě. Çавăн пекех ку предметсемпе вěреннě материалсене лайăх ăнланса юлас тесе, вěренекенсем машинăпа трактор станцине, пěрлешсе пысăкланнă Суворов ячěпе тăракан колхозăн обществăлла хуçалăхне, колхозри электростанципе, сывăхри предприятисене экскурсие кайнă.

Вěренекенсем парти историйěпе, вырăс чěлхипе тата литературипе, арифметикăпа, естествознанипе, географипе тата методикăпа малтан мěн вěреннине тěплěн аса илеççě.

Преподавательсем экзамен тытмалли кашни предметпа консультацисем ирттереççě. Вěренекенсене харпăр хăй тěллěн экзамена хатěрленме ятарласа пÿлěм уйăрса панă. Унта тěрлěрен учебниксем, экзамена хатěрленме пулăшакан пособисем çителěклě. Кунтах преподавательсем вěренекенсен тěрлě ыйтăвěсене ответлесе, вěсене хăйсен пěлěвěсене çирěплетме пулăшаççě.

Училищěри лектори хăйěн ěçне ăнăçлă туса пырать. Кунта «И. В. Сталинăн «ССР Союзěнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă гениллě произведенийěн историлле пěлтерěшě», «Çěрпе планетăсем пулса кайни», «Художествăлла литературăн обществăлла пěлтерěшě», «Совет çамрăкěн культури» темăсем тăрăх лекцисем ирттернě. Çакăн пек лекцисене училищěри преподавательсем Г. Спиридонов, С. Железин, Е. Новикова, К. Терабилова юлташсем вулаççě.

Вěренекенсене пулăшас шутпа экзамена хатěрленнě вăхăтра парти историйěпе, литературăпа, педагогикăпа, географипе обзорлă лекцисем ирттернě. Унсăр пуçне анатомипе, физикăпа тата литературăпа экзаменсене хатěрленес ěçре час-часах диапозитивсемпе усă курнă.

Класс руководителěсем вěренекенсем валли çирěп кун йěрки туса панă. Çакă вăл вăхăтпа тěрěс усă курма май парать. Экзаменсене хатěрленес ěçре вěренекенсене комсомолпа профсоюз организацийěсем куллен пулăшса пычěç.

**В. ТОНЫШЕВ.**

## Комсомол организацийěн активлăхě

ЕЛЧĚК. Аслă Елчěкри вăтам шкултан вěренсе тухнă çамрăксенчен чылайăшě халě инженерсем, врачсем, агрономсем, учительсем пулса ěçлеççě. А. Зайцев юлташ Мускаври Ломоносов ячěпе тăракан университетра доцент, Н. Ермолаев—çулйěр инженерě, В. Мальцева — ученăй агроном, Л. Галкин—хирург, Г. Медведев—Совет Çарěн полковникě, А. Пушкин—Елчěк районěнчи Çěнě Пăвари вăтам шкул директорě. Ку шкултан вěренсе тухнă çěршер çамрăксем хальхи вăхăтра тěрлě аслă шкулсенче вěренеççě.

Кăçал шкулта 540 ача вěренет. Халě хěрÿллě вăхăт: шкул экзамена хатěрленет. Шкул дирекцине ку ěçре комсомол организацийě пысăк пулăшу парать. Унăн пěтěм ěçě вěренекенсен пěлěвěсене ÿстерес тěллевпе пулса пырать.

Комсомолецсем пур енчен те пример кăтартаççě. Вěренÿре ěлкěреймен ачасене пулăшаççě. Урoксем хыççăн ушкăнăн-ушкăнăн пухăнса вěреннě материалсене аса илеççě. Кун пек вěренни вěсене пěрпěрин пěлěвне тěрěслеме пулăшать.

— Пирěн çамрăксем умěнче çутă та аслă çул,—тет Х-мěш класра вěренекен комсомолка Л. Дозорова.

Вăл иртнě чěрěкре виçě предметпа анчах «4» паллăсем, ытти предметсемпе «5» паллăсем илнě.

Пионерсем предметлăй сборсем ирттереççě. Шкулта «Вěренÿшěн» стена хаçачěн 22-мěш номерě тухнă. Стена хаçачě ачасене лайăх вěренекенсен паха опычěпе паллаштарать.

**А. КУЧКОВ.**

*„Коммунизм ялавě" хаçатра çырнă хыççăн*

## „Самокритикăпа критикăна сарма условисем туса памалла"

Февралěн 25-мěшěнче «Коммунизм ялавě» хаçатра «Самокритикăпа критикăна сарма условисем туса памалла» ятлă статья пичетленнěччě. КПСС Канаш хула комитечě çак статьяна сÿтсе явни, статьяра çитменлěхсене тěрěс кăтартса пани çинчен пěлтерчě.

КПСС хула комитечěн бюровě Çул-йěр министерствин строительствăпа монтаж ěçěсен кантурěнчи партбюропа унăн секретарьне Иванов юлташа статьяра асăннă çитменлěхсене пěтерме, аялтан килекен критикăна сарма лайăх условисем туса пама хушнă.

Коммунистсем критиклени çине тивěçлипе пăхманшăн тата кăтартса панă çитменлěхсене пěтерессишěн вăхăтра тивěçлě мерăсем йышăнманшăн партбюро членне Мазуров юлташа ятланă.

## „Выльăх-чěрлěх ěрчетес ěçри юрăхсăр меслете пěтермелле"

КПСС Советски райкомě «Коммунизм ялавě» хаçатра мартăн 1-мěшěнче пичетленнě «Выльăх-чěрлěх ěрчетес ěçри юрăхсăр меслете пěтермелле» ятлă статьяра фактсене тěрěс кăтартса пани, унта асăннă çитменлěхсене пěтерессишěн тивěçлě мерăсем йышăнни çинчен пěлтерчě.

Обществăлла выльăх-чěрлěх ěрчетес ěçе йěркелеме пулăшма районти ялхуçалăх специалисчěсем колхозсене кайнă.

## *Тěрěслеме янă çырусем тăрăх*

Канаш районěнчи «Красное пламя» колхозри пуçламăш парторганизаци колхоз производствине ертсе пыма кадрсем суйласа илес тата вěрентсе воспитани парас енěпе çителěксěр ěçлени çинчен çырнă çырăва «Коммунизм ялавě» хаçат редакцийě КПСС Канаш райкомне тивěçлě мерăсем йышăнма янăччě.

КПСС райкомě çырура асăннисем тěрěс пулни, «Красное пламя» колхозра кадрсем суйласа илсе вěрентесси мěнле пыни çинчен райком бюровěн ларăвěнче сÿтсе явни çинчен пěлтерчě. Парти райкомěн бюровě колхозри пуçламăш парторганизаци çителěксěр ěçленине, колхоз кадрěсене вěрентсе ÿстерессине тивěçлипе хакламаннине палăртнă.

КПСС райкомě «Красное пламя» колхозри парторганизаци секретарьне кадрсем суйласа илсе вěрентес ěçе лайăхлатма хушнă, çак енěпе колхозри парторганизаци ěçне лайăхлатассишěн тивěçлě мерăсем йышăннă.

# Çăмăл атлетсен ăмăртăвě вěçленчě

## Автономилле ултă республикăри çăмăл атлетсен ăмăртăвěнче Тутар АССР-ěн команди пěрремěш вырăн, Чăваш АССР-ěн команди иккěмěш вырăн йышăнчěç

Автономиллě ултă республикăри—Тутар, Пушкăрт, Удмурт, Чăваш, Мордва тата Мари АССР-ěсенчи çăмăл атлетсен ăмăртăвě виçě куна пычě. Юлашки кун—майăн 16-мěшěнче—уйрăмах Чăваш тата Пушкăрт АССР-ěсен спортсменěсем иккěмěш вырăна тухассишěн хытă тăрăшса ăмăртрěç. Тутар АССР-ěнчи çăмăл атлетсен команди, малтанхи икě кун хушшинче лайăх результатсем кăтартса, ытти республикăсен командисенчен чылай мала кайрě, вăл ăмăртура пурпěрех пěрремěш вырăн йышăнасси малтанах паларчě.

Икě кунхи итогсем тăрăх Чăваш АССР-ěн 1-мěш команди, 12.623 очко пухса малтанхи пекех иккěмěш вырăнта юлчě. Пушкăрт АССР-ěн команди вара пирěн республика командинчен 465 очко çеç сахалтарах пухрě. Çавăнпа та пирěн республика спортсменěсем хăйсен командине иккěмěш вырăна кăларассишěн юлашки кун пулнă ăмăртусенче уйрăмах вăйлăн тăрăшрěç.

Виççěмěш кун, ирхине, хěрарăмсемпе арçынсем сăнă ывăтас енěпе, арçынсем молот ывăтас тата чупса пынă чухне виçě хут сиксе тěлěшпе, хěрарăмсем чупса пырса сиксе каçас енěпе ăмăртрěç.

Сăнă ывăтас енěпе хěрарăмсенчен Чăваш АССР-ěн представителě, РСФСР-ти «Колхозник» спорт обществин вăйлă спортсменки Г. Юрьева пěрремěш вырăн йышăнчě. Иккěмěш вырăна Удмурт АССР-ěн командинчи Безвеселова юлташ йышăнчě.

Чупса пырса сиксе каçмалли ăмăртура малти вырăна тухассишěн уйрăмах Р. Орлова (Тутар АССР-ě) тата Т. Соловьева (Чăваш АССР-ě) хушшинче хытă кěрешÿ пычě. Тутар АССР-ěн представителě Р. Орлова 140 сантиметр çÿлěшне сиксе каçса мала тухрě. Т. Соловьева, 135 сантиметр çÿлěшне сиксе каçса, иккěмěш вырăн йышăнчě. Ытти республика спортсменкисем виççěмěш разряд нормине те тултараймарěç.

Арçынсенчен сăнă ывăтмалли ăмăртура Тутар АССР-ěн спортсменě Н. Колчин мала тухрě. Вăл сăнăна 50 метр та 80 сантиметр тăршшě ывăтрě. Г. Юрьев (Мари АССР-ě) иккěмěш вырăн, З. Матвеев (Чăваш АССР-ě) виççěмěш вырăн йышăнчěç.

Чупса пынă чухне виçě хут сикес тěлěшпе ирттернě ăмăртура та малти вырăна тухассишěн вăйлă кěрешÿ пычě. Тутар АССР-ěн представителě А. Кириллов пуринчен те лайăхрах результат кăтартса (13 метр та 13 сантиметр тăршшě сиксе) пěрремěш вырăн йышăнчě. Пирěн республика спортсменě—Е. Бортницкий, 12 метр та 83 сантиметр тăршшě сиксе, иккěмěш вырăна тухрě. Виççěмěш вырăна та Чăваш АССР-ěн представителě Шайфин йышăнчě.

Арçынсем, çавăн пекех, молот ывăтас енěпе ăмăртрěç. Кунта Мари АССР-ěн представителě Швалевпа Чăваш АССР-ěн представителě Горынин мала тухрěç. Анчах вěсем виççěмěш разряд нормине те тултараймарěç. Молот ывăтассипе ăмăртăва (конкурс шутне кěртмесěр) СССР спорт мастерě Н. Попов (Тутар АССР-ě) хутшăнчě. Вăл молота 44 метр та 23 сантиметр тăршшě ывăтрě.

Каçхине пулнă ăмăртусенче Чăваш АССР-ěн спортсменěсем пысăк çитěнÿсем турěç, хăйсен пултарулăхне лайăх кăтартрěç.

Хěрарăмсем тăваттăн 100-шер метр чупмалли эстафетăна хутшăнса ăмăртрěç. Çак ăмăртура Чăваш АССР-ěн рекордсменки И. Антонова, республикăри чи пултаруллă спортсменкăсем Е. Токарева, Л. Емельянова тата В. Мишенькина хутшăнчěç. Вěсем хамăр республика чысěшěн питě хытă тăрăшрěç: 400 метр хушшине 54,5 секундра чупса тухса, пěрремěш вырăн йышăнчěç. Çакăнпа пěрлех **вěсем çак ăмăрту енěпе Чăваш АССР-ěн çěнě рекордне турěç.** (Иртнě çулхи рекорд 55,2 секунд пулнă). Иккěмěш вырăна Тутар АССР-ěн спортсменкисем, виççěмěш вырăна Пушкăрт АССР-ěн спортсменкисем тухрěç.

Ун хыççăн тăваттăн 100-шер метр чупмалли эстафетăна арçынсем хутшăнчěç. Кунта уйрăмах Тутар тата Чăваш АССР-ěсен спортсменěсем хушшинче вăйлă кěрешÿ пычě. Тутар АССР-ěн спортсменěсем эстафетăна 47,7 секундра чупса тухса, пěрремěш вырăн, Чăваш АССР-ěн спортсменěсем 47,8 секундра чупса тухса иккěмěш вырăн, Мари АССР-ěн спортсменěсем виççěмěш вырăн йышăнчěç.

Малтанхи кун ирттернě ăмăртура 200 метр хушшине чупса тухас енěпе финала СССР спорт мастерě Р. Орлова (Тутар АССР-ě) тата Чăваш АССР-ěн рекордсменки, Комсомольски районěнчи çамрăк колхозница И. Антонова тухнăччě. Çапла вара вěсен иккěмěш хут тěл пулса чупмалла пулчě. Вěсем ун чухне çак дистанцие чупнă вăхăтра иккěшě те пěр пек вăхăт (27,3 секунд) кăтартнăччě. Пирěн республика представителě И. Антонова 200 метра Р. Орловăран хăвăртрах чупса тухса пěрремěш вырăн йышăнчě.

Тепěр темиçе минутран арçынсем 400 метр хушшинчи барьерсем урлă сиксе каçса чупмалли ăмăртăва хутшăнчěç. Ку ăмăртура Тутар АССР-ěн спортсменě В. Скуридин мала тухрě. Иккěмěшпе виççěмěш вырăна Петров (Чăваш АССР-ě) тата Быковский (Пушкăрт АССР-ě) йышăнчěç. Чăваш АССР-ěн спортсменě Петров **400 метр хушшинчи барьерсем урлă сиксе каçса чупмалли ăмăртура Чăваш АССР-ěн иртнě çулхи рекордне лайăхлатрě.** Вăл ку дистанцие 60,5 секундра чупса тухрě (кивě рекорд 61,1 секунд пулнă).

5.000 метр чупас енěпе пулнă ăмăрту уйрăмах интереслă иртрě. Ку ăмăртăва 12 спортсмен хутшăнчě. Пушкăрт АССР-ěн спортсменě Сергеев пěрмаях РСФСР-ти «Колхозник» спорт обществин чемпионěпе рекордсменěнчен Бикчуринран юлмасăр чупса пычě. Анчах юлашки 800 метр хушши чупмалли юлсан, Бикчурин Сергеева чылай кая хăварчě. Çапла вара, 5.000 метр хушшине чупса тухас енěпе Р. Бикчурин (Чăваш АССР-ě) пěрремěш вырăн, Сергеев (Пушкăрт АССР-ě) иккěмěш вырăн, Матыгуллин (Тутар АССР-ě) виççěмěш вырăн йышăнчěç. Çакăнпа автономиллě ултă республикăсенчи çăмăл атлетсен ăмăртăвě вěçленчě.

* * *

Çăмăл атлетсен ăмăртăвěн итогěсем çакăн пек: Тутар АССР-ěнчи çăмăл атлетсен команди, 21.630 очко пухса, пěрремěш вырăна, Чăваш АССР-ěн 1-мěш команди, 19.815 очко пухса, иккěмěш вырăна, Пушкăрт АССР-ěн команди, 18.252 очко пухса, виççěмěш вырăна, Мари АССР-ěн команди тăваттăмěш вырăна, Мордва АССР-ěн команди пиллěкмěш вырăна, Удмурт АССР-ěн команди улттăмěш вырăна тухрěç. Чăваш АССР-ěн иккěмěш команди (вăл конкурс шутне кěмест) ăмăртусенче 14.170 очко пухрě.

Автономиллě ултă республикăсенчи çăмăл атлетсен ăмăртăвěпе пěрле Тутар, Чăваш тата Мордва АССР-ěсен ялсенчи спортсменěсем енěпе те ăмăрту пычě. Ытти республикăсем командăсем тăратман.

Ăмăртăвăн итогěсем тăрăх ялсенчи спортсменсем енěпе Чăваш АССР-ěн команди 8.545 очко пухса, пěрремěш вырăн, Тутар АССР-ěн команди 5.573 очко пухса, иккěмěш вырăн, Мордва АССР-ěн команди 4.473 очко пухса виççěмěш вырăн йышăнчěç. Ялсенчи спортсменсем енěпе Чăваш АССР-ěн иккěмěш команди (вăл конкурс шутне кěмест) ăмăртусенче 6.240 очко пухрě. Очкосен шучěпе вăл иккěмěш вырăн йышăнать.

* * *

Ăмăртусем вěçленнě хыççăн, ултă республикăри çăмăл атлетсен парачě пулчě.

...Акă футболла выляммалли площадкăна спортсменсен колоннисем тухрěç. Малта çăмăл атлетсен ăмăртăвěнче пěрремěш вырăн йышăннă Тутар АССР-ěн спортсменěсем, унтан Чăваш, Пушкăрт, Мари, Мордва тата Удмурт АССР-ěсен командисем пыраççě.

Республикăри физкультурăпа спорт комитечěн председателě Я. Осипов юлташ, РСФСР-ти Сывлăх министерствин физкультурăпа спорт ěçěсен Главнăй управленийě хушнипе, ăмăртура пěрремěш вырăн йышăннă Тутар АССР-ěн командине пěрремěш степеньлě диплом, иккěмěш вырăн йышăннă Чăваш АССР-ěн командине иккěмěш степеньлě диплом тата виççěмěш вырăн йышăннă Пушкăрт АССР-ěн командине виççěмěш степеньлě диплом парать.

Çавăн пекех ялсенчи спортсменсем енěпе пынă ăмăртура пěрремěш вырăн йышăннă Чăваш АССР-ěн команди пěрремěш степеньлě диплом, Тутар АССР-ěн команди иккěмěш степеньлě диплом тата Мордва АССР-ěн команди виççěмěш степеньлě диплом илме тивěçлě пулчěç.

Çакăн хыççăн çăмăл атлетсен ăмăртăвěнче чи лайăх результатсем кăтартнă спортсменсем—Тутар АССР-ěнчи Н. Колчинпа Р. Орлова тата Чăваш АССР-ěнчи Р. Бикчуринпа И. Антонова ăмăрту ялавне мачта çинчен антарчěç.

* * *

Ултă республикăри çăмăл атлетсен ăмăртăвěнче пирěн спортсменсем тăванла республикăсенчи спортсменсемпе пěрле хăйсен спорт ăсталăхěпе пултарулăхне виçсе пăхрěç. Вěсем çак ответлă ăмăртура мала тухассишěн хытă тăрăшрěç, хăйсен спорт ăсталăхне тата та лайăхлатрěç, çěнě рекордсем турěç.

Çак ăмăртусем Чăваш республикинчи çăмăл атлетсен спортне ытларах аталантарма пулăшрě. Анчах çакна каласа хăвармалла: пирěн республикăра хăшпěр спорт вăййисене кирлě пек сарса пымаççě-ха. Сăмахран, етрене тěксе ывăтас, молот тата диск ывăтас, барьерсем урлă сиксе каçас тата ытти хăшпěр спорт вăййисем енěпе тунă çитěнÿсем пысăк мар. Çакă вăл виçě кун хушши пынă ăмăртура курăнчě. Пирěн республика спортсменěсем çав вăйăсем енěпе малти вырăнсене йышăнаймарěç, разрядлă нормăсене те тултараймарěç. Çавăнпа та республикăри физкультура организацийěсен çÿлте асăннă спорт вăййисене çамрăксене ытларах хутшăнтарас тата вěсен ăсталăхне ÿстерес тěлěшпе тимлěн тăрăшса ěçлемелле.

**Г. АНДРЕЕВ.**

## Шупашкарти спортсменсен çуркуннехи уявě

Шупашкарти «Молния» спорт обществин стадионěнче вырсарникун, майăн 17-мěшěнче, хулари спортсменсен çуркуннехи пысăк уявě пулса иртрě.

Ирхине 11 сехетре физкультурниксен парачě пуçланчě. Малта знаменосецсен колонни пырать. Ун хыççăн «Динамо», «Искра», «Молния», «Спартак» спорт обществисен колоннисем, Чăваш государство педагогика институчěн тата Чăваш государство ялхуçалăх институчěн, пиравăр тата кооператив техникумěсен, хулари спорт шкулěнчи спортсменсен колоннисем пыраççě.

Хулари физкультурăпа спорт комитечěн председателě Н. Харьков юлташ, парад участникěсене саламласа, кăçалхи спорт сезонěнче çěнě ÿсěмсем тума чěнчě.

Çуркуннехи спорт уявěн ялавне хулари чи пултаруллă спортсменсем Е. Токарева, Л. Толстов тата Н. Чумаков юлташсем мачта çине хăпартаççě. Вěсем ялава хăпартнă вăхăтра оркестр Совет Союзěн Гимнне калать.

Спорт уявěн ялавне хăпартнă хыççăн, парад участникěсем трибуна умěнчен, марш кěвви каланă май, ретěн-ретěн иртсе пыраççě.

Парад хыççăн физкультура коллективěсен кăтартуллă выступленийěсем пулчěç. Чи малтанах «Динамо» спорт обществи физкультурникěсен коллективě Н. Чумаков тренер ертсе пынипе группăллă упражненисем туса кăтартрě. «Динамо» спорт обществин коллективě хыççăн кооператив техникумěн спортсменěсем хăйсен пултарулăхне кăтартрěç.

Çамрăксен спорт шкулěнче вěренекен физкультурниксем тěрлěрен спорт упражненийěсем турěç.

Юлашкинчен «Динамо», «Молния», «Спартак», «Искра» спорт обществисенчи тата ытти коллективсенчи çăмăл атлетсен эстафетисем пулчěç. Физкультурниксем волейболла, баскетболла тата чушкăлла ăмăртса вылярěç.

Каçхине 1952 çулта республика чемпионě ятне илнě Чапаевски поселок футбол команди иртнě çул республика кубокне илнě «Молния» спорт обществин футбол командипе юлташла тěл пулса вылярě. Чапаевски поселок футболисчěсем кăçалхи сезона лайăх хатěрленни курăнчě. Вěсем тăрăшса вылярěç, икě мечка тапса кěртсе, «Молния» спорт обществин футбол командине çěнтерчěç.

УЛТА АВТОНОМИЛЛЕ РЕСПУЛИКАРИ ÇАМАЛ АТЛЕТСЕН АМАРТАВЕНÇЕ.

СУЛАХАЙ ЕНЧИ ÿКЕРЧĚК: Тутар АССР-ěнчен ăмăртăва килнě спортсменсен ушкăнě «Молния» стадионěнче. Сулахайран сылтăмалла—Н. Колчин, Н. Михайловичева, Н. Петрова, В. Скуридин тата В. Горохов. СЫЛТАМ ЕНЧИ ÿКЕРЧĚК: ăмăртăва хутшăннă физкультурниксен парадěнче спорт обществисен ялавěсене çěклесе пыраççě.

С. ВИКТОРИНОВ фотоÿкерчěкěсем.

Автономиллě ултă республикăри çăмăл атлетсен ăмăртăвě пынă вăхăтра хěрарăмсем диск ывăтрěç. Ку ăмăртура пирěн республикăри спортсменка Е. Токарева лайăх тěслěх кăтартрě. Вăл, диска 37 метр та 14 сантиметр ывăтса, ăмăртура пěрремěш вырăн йышăнчě, республика рекордне çěнетрě.

ÿКЕРЧĚК ÇИНЧЕ: Е. Токарева юлташ.

## Çырса илнě те ěçě пěтнě

Хěллехи спорт сезонě вěçленнě хыççăн, республикăри физкультурăпа спорт комитечě тата ВЛКСМ обкомě хушнă тăрăх, Первомайски районěнчи физкультурăпа спорт комитечě ВЛКСМ райкомě хěрсех отчет çырма тытăнчěç. Халě районти физкультурăпа спорт комитечěн отчетне çырса хатěрленě, отчета комитет председателě Перов юлташ пичет пусса çирěплетнě ěнтě. Анчах та ВЛКСМ райкомěнче отчет хатěр мар, отчет тума ялсенчи физкультура комитечěсенчен килнě сведенисем те çук. Мěн тумалла?

— Перов юлташ отчетне çырса пěтернě пулмалла, ун патне кайса çырса илер,—май тупрě ВЛКСМ райкомěн секретарě Л. Скворцова юлташ.

Çырса илнě те ěçě те пěтнě. Анчах та икě отчет çине тинкерсе пăхсан, тěлěнмелли те пур вара. Икě отчечě те пěр пекех. Отчетра колхозсенчи спорт обществин коллективěсен çитěнěвěсем çинчен питě сахал каланă, ялти спортсменсен шутне те пÿрнепе шутласа кăларма йывăр мар. Çăмăл атлетсем те, йěлтěрçěсем те, разрядниксем те, велосипедистсем те—Первомайскипе Турхан вăтам шкулěсенче вěренекенсем. Районта пулса иртекен тěрлě спорт ăмăртăвěсене те çавсемех ытларах хутшăннă.

Ялти, колхозсенчи спортсменсем вара çукпа пěрех. Ăçта-ши вěсем? Е ялсенче физкультура ěçне юрăтакансем çук-ши?

Ялти çамрăксене спорт ěçне массăллăн хутшăнтарас тěлěшпе, районти физкультурăпа спорт комитечě тата ВЛКСМ райкомě тивěçлипе нимěн те тумаççě.

Çамрăксене район центрěнче лайăх туса хатěрленě стадион çукки питех те кÿрентерет. Стадион тăвас ыйтăва районта 4—5 çул калаçаççě, чылай решенисем йышăнаççě, анчах çав решенисем хут çинче юлаççě. Иртнě кěркунне райсовет исполкомěпе ВЛКСМ райкомě стадион тăвас ыйтăва ятарласа комисси тунăччě. Комисси членěсем малтанлăха ěçе тытăнчěç. Стадион тавра карта тытма йывăç хатěрлерěç. Анчах çав йывăçа вăрмантан турттарса тухмарěç. Май уйăхě те иртсе пырать, анчах стадионра нимěнле ěç те çук.

Физкультура комитечěн отчечě тăрăх, районти 23 колхозра «Колхозник» спорт обществин коллективěсем пур, вěсенче 900 çын ытла члента тăрать. Маленков ячěпе тăракан, «Комсомолец», «Большевик» колхозсенчи коллективсемсěр пуçне, нихăш колхозра та çак спорт обществисем ěçлемеççě. Спорт обществисенче, физкультура коллективěсенче спорт инвентарě сахал, хăшпěр çěрте пачах та çук.

Каçас пулать, районти физкультурăпа спорт комитечěн председателě Перов юлташ ытла та çаврăнăçусăр ěçлет. Вăл ытларах кабинетра ларса е райцентрта усăсăр чупса çÿресе ирттерет. Физкультура коллективěсене вырăна тухса пулăшас вырăнне вăхăта сведенисем пухса ирттерет.

**А. ТУКМАКОВ.**

## В. И. Ленин сочиненийĕсене словак чĕлхипе пичетлесе кăлараççĕ

ПРАГА, майăн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословакири телеграф агентстви çапла пĕлтерет:

«Словакири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн президиумĕ сĕннипе, Чехословакири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн политикăлла секретариачĕ 1953 çулта Владимир Ильич Ленинăн Сочиненийĕсене словак чĕлхипе кăларас ĕçе тытăнма решени йышăннă.

## Китай промышленноçĕ аталанни

ШАНХАЙ, майăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Пĕтĕм Китай халăхĕ çĕршыва индустриализацилемелли задачăна татса парассишĕн кĕрешет.

Хаçатсем кашни кун çĕршывăн тĕрлĕ вĕтесĕсенче çĕнĕ электростанцисем тума пуçлани çинчен, çĕнĕ промышленность предприятийĕсем ĕçлеме тытăнни çинчен, ĕçлесе тăракан фабрикăсемпе заводсене реконструкцилени тата аслăлатни çинчен пĕлтерсе тăраççĕ.

«Вэньгуйбао» хаçат Хĕвелтухăç, Çурçĕр тата Центральнăй Кăнтăр Китай районĕсенче промышленность строительстви вăйланса пыни çинчен пĕлтерет. Хаçат Ханьданьри пир-авăр фабрики тата Чжэнчжойри пир-авăр фабрики ĕçе тытăнни çинчен пĕлтерет. Чжэнчжой хулинче çавăн пекех тата тепĕр пир-авăр фабрики тума тытăнаççĕ. Çак фабрикăна туса пĕтерсен, хулари икĕ пир-авăр фабрики çĕршыва кашни çул темиçе вуншар пин тĕрке арланă çип тата миллионшар метр пир-авăр туса паракан пулаççĕ.

Хаçат çавăн пекех тата Хэбэй провинцийĕнче Шицзячжуанри пир-авăр фабрикипе Цзянси провинцийĕнчи пир-авăр фабрикине тума тытăнни çинчен пĕлтерет. Цзянси провинцийĕнчи пир-авăр фабрики çĕршыври чи пысăк фабрикăсенчен пĕри пулать.

Хаçат малалла тата ку чухнехи техникăпа ĕçлесе тăракан пысăк хут фабрикисем туни çинчен çырать. Хальхи вăхăтра икĕ фабрика тăваççĕ. Вĕсенчен пĕри апрель уйăхĕнче хут туса кăларма пуçланă ĕнтĕ. Фабрикăра пĕтĕмпех Китайра туса кăларнă оборудовани вырнаçтарса лартнă.

Аньхуэй провинцийĕнчи Хуайнань хулинче автоматсемпе ĕçлесе тăракан хут фабрикине тăвас ĕç пысăк хăвăртлăхсемпе пырать. Фабрикăн строительство площадки 17 пин тăваткал метра яхăн йышăнать.

«Наньфаньжибао» хаçат Гуандун провинцийĕнче сахăр завочĕ тума тытăнни çинчен пĕлтерет. Завод кăçалах ĕçе кĕмелле.

## Германипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх обществин тăваттăмĕш конгресĕ хăйĕн ĕçне вĕçленĕ

БЕРЛИН, майăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Берлинра Германипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх обществин тăваттăмĕш конгресĕ хупăннă. Конгресс нимĕç халăхĕпе совет халăхĕ хушшинчи туслăх çирĕпленсе пынине уççăн кăтартса панă.

Конгресра Германипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх обществи центральнăй правленине суйланă.

Общество председателĕ пулма Пысăк Берлин обер-бургомистрне—Фридрих Эберта, обществăн вице-председателĕсем пулма демократиллĕ Германи Республикин çĕрсен палатин председательне Р. Лобеданца тата Наци премийĕн лауреатне Э. Виртăна суйланă.

## Монголи Халăх Республики 32 çул тултарнине уявлама хатĕрленеççĕ

УЛАН-БАТОР, майăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Монголи Халăх Республикине туса хунăранпа кăçал 32 çул çитет. Çакă паллă куна тивĕçлипе кĕтсе илме хатĕрленсе, Монголи Халăх Республикинчи ĕçсыннисем предприятисенче, государство хуçалăхĕсенче, аратсенчи производствăлла пĕрлешӳсенче социализмла ăмăртăва вăйлатса пыраççĕ, конкретлă обязательствăсем йышăнаççĕ.

«Унэн» хаçат аратсен «Труд» пĕрлешĕвĕ çĕршыври мĕнпур арат пĕрлешĕвĕсене обществăлла хуçалăха малалла аталантарассишĕн социализмла ăмăртăва вăйлатма чĕнсе каланине пичетлесе кăларнă. Хаçат çавăн пекех тата Наланхари çĕр кăмрăк шахтинче ĕçлекенсен коллективĕ промышленность, транспорт, строительство тата алăсти промысла предприятийĕсенче ĕçлекен мĕнпур рабочисене, инженерсемпе техниксене, служащисене 1953 çулхи производство планĕсене тултарассишĕн тата ирттерсе тултарассишĕн социализмла ăмăртăва вăйлатма чĕнсе каланине пичетлесе кăларнă.

## Мир пакчĕшĕн!

### МОНГОЛИ ХАЛĂХ РЕСПУБЛИКИН ПРАВИТЕЛЬСТВИ ХАЛĂХСЕН КОНГРЕСĔ УЙĂРНА КОМИССИН ÇЫРĂВĔ ÇИНЕ ПАНĂ ОТВЕТ

УЛАН-БАТОР, майăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). «Унэн» хаçатра Монголи Халăх Республикин правительстви халăхсен мирне хӳтĕлес тĕлĕшпе пулса иртнĕ Конгресĕ уйăрнă комисси ярса панă çыру пирки йышăннă ответа пичетлесе кăларнă. Ответра çапла каланă: Монголи Халăх Республикин правительстви, мир ĕçĕшĕн тата халăхсем хушшинче пĕр-пĕринпе килĕшсе ĕçлессишĕн тăрса, хăйĕн çĕршывĕнчи халăх миршĕн тăнине палăртса, халăхсен мирне хӳтĕлес тĕлĕшпе Венăра пулса иртнĕ Конгресĕ пилĕк аслă держава хушшинче Мир Пакчĕ тума чĕнсе каланине чĕререн саламлать тата ăна татăклăн йышăнать. Монголи Халăх Республикин правительствипе Монголи халăхĕ çакна чĕререн шанса тăраççĕ: мĕнпур çĕршывсен правительствисем чĕререн тăрăшас пулсан, тĕнчере хирĕçӳсем кăларса тăратакан ыйтусене мирлĕ калаçусем ирттернипе татса пама пулать.

Пилĕк аслă держава хушшинче Мир Пакчĕ туса хуни, тенĕ Монголи Халăх Республикин правительстви панă ответра, тĕнчери мĕнпур ыйтусене ăнăçлăн татса парассине питех те çăмăллатать. Пирĕн халăх, мире юрататакан мĕнпур халăхсемпе пĕрле, халăхсем хушшинчи мире сыхласа хăварассишĕн малашне те çине тăрса кĕрешĕ.

## Японири политикăлла лару-тăру

### Япони компартийĕ пĕлтерни

ПЕКИН, майăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви çапла пĕлтерет:

Токиоран пĕлтернĕ тăрăх, майăн 11-мĕшĕнче Японири Коммунистсен партийĕ рабочисемпе хресченсен партине тата сулахай социалистсен партине Иосидăн пиллĕкмĕш кабинетне туса хума парас мар шутпа пĕрлĕх фрончĕ тума чĕнсе каланине пичетлесе кăларнă.

Компарти пĕлтернинче çапла каланă: Иосидăн либералла партийĕ прогрессивла парти текен партин реакцилле элеменчĕсем умĕнче йăпăлтатать, Японие тепĕр хут хĕçпăшаллантарас ĕçе хăвăртлатас тĕллевпе çĕнĕ кабинет туса хума тăрăшать. Оппозицире тăракан партисем пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлес пулсан, çавăн пек шутласа хунине путлантарса лартма пулать. Иосида «коалицилле консервативла правительство» туса хума палăртнă план пысăк йывăрлăхсемпе тĕл пулать. Ку йывăрлăхсем Япони халăхĕ хирĕç тăрасси ӳссе пынипе кăна мар тата Иосида хăйĕнпе пĕрле пĕр коалици туса хума пăхакан буржуалла партисен лагерĕнче хăйĕнче те хирĕçӳсем пулнинчен килеççĕ.

Паянхи куна коалицилле пĕр парти те Иосидăпа пĕрле ĕçлеме килĕшӳ паман.

Парламентăн вĕçĕн палатине апрелĕн 19-мĕшĕнче суйланă хыççăн, Иосидăн либералла партийĕ оппозицире тăракан партисем хушшинче пĕрмаях хирĕçӳсем кăларма тăрăшать. Иосида уйрăмах çар преступникĕ Мамору Сигемицу ертсе пыракан прогрессивла парти хăйне пулăшу парасса кĕтет. Сигемицу çĕршыва çĕнĕрен хĕçпăшаллантарассишĕн уççăнах кĕрешет. Иосида правительствинче премьер-министр заместителĕ пулнă Такетора Огата каланă тăрăх, Иосидăн либералла партийĕ прогрессивла партирен политика енĕпе пулăшу илнĕшĕн çак партие парламент председателĕн тата вице-председателĕн вырăнне пама пултарать. Анчах та прогрессивла парти премьер-министр вырăнне Сигемицуна пама ыйтнинчен каяллла чакма шутламасть. Прогрессивла парти Хатоямăн либералла партийĕпе, çавăн пекех тата сылтăм социалистсемпе сулахай социалистсен партийĕсемпе килĕшӳ тунă.

Иосидăн «коалицилле консервативла правительствăн» тĕллевĕ вăл—çĕршыва Америкăпа Япони монополисчĕсем хĕтĕртнĕ тăрăх пĕр чăрмавсăр хĕçпăшаллантарса пымалла тăвасси пулать. «Коалицилле консервативла правительство» туса хурас пирки Япони монополисчĕсем пĕтĕмĕшле суйлав пуличчен чылай малтан ĕçлеме пуçланă. Вĕсем ун чухне Иосида çĕнтересse шанман. Суйлав хыççăн экономикăлла организацисен федерацийĕ, çавăн пекех тата Японира монополилле капиталăн ытти органĕсем реакцилле партисене пурне те «вăйлă тата çирĕп политикăлла власть» туса хурас тĕлĕшпе пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлеме хушнă.

## ГЕРМАНИРИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИНЕ ХӲТĔЛЕСЕ

БЕРЛИН, майăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви Дюссельдорфран çапла пĕлтерет: Германие ремилитаризацилессине хирĕç кĕрешекен нимĕç рабочийĕсен комитечĕ Хĕвеланăç Германири конституци сучĕн президенчĕ Хепкер-Ашоф патне çыру янă. Хĕвеланăç Германи правительстви сĕннĕ тăрăх федеральнăй конституци сучĕ июнĕн 8-мĕшĕнче Германири Коммунистсен партине ĕçлеме чарса лартас тĕллевпе суд ĕçĕ пуçлама хатĕрленет. Комитет çав суда хатĕрленес ĕçе халех чарса лартма чĕнет.

Германири Коммунистсен партийĕ мире сыхласа хăварассишĕн тата тăван çĕршыва мирлĕн пĕрлештерессишĕн кĕрешес ĕçре нимĕç халăхĕн кирлĕ те вăйлă факторĕ пулса тăнине палăртса, Германие ремилитаризацилессине хирĕç кĕрешекен нимĕç рабочийĕсен комитечĕ çапла калать: «Германири Коммунистсен партине хирĕç пуçарнă суд ĕçĕ нимĕçсен рабочи класне хирĕç, мире юрататакан мĕнпур çынсене хирĕç пыракан ĕç пулса тăрĕ. Германие ремилитаризацилессине хирĕç кĕрешекен нимĕç рабочийĕсен комитечĕ пĕтĕм рабочи класпа пĕрле Германири Коммунистсен партине чарса лартас тĕллевпе суд ĕçĕ пуçласа яма хатĕрленнине хирĕç протест тăвать, çак ĕçе халех чарса лартма ыйтать».

## Индире Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен конгресне хатĕрленни

ДЕЛИ, майăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). «Кроссроудс» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен конгресне хатĕрленесси Индире вăйланса пырать. Çак кунсенче Дели хулинче Пĕтĕм Индири хĕрарăмсен конференцийĕ пулса иртнĕ. Конференцие 315 делегат хутшăннă. Конференцире доктор Тхунгамма саламлă сăмах тухса каланă.

Конференцире Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен конгресне кайма 30 çынтан делегаци суйланă. Делегацие тĕрлĕ профессиллĕ çынсемпе политика тĕлĕшĕнчен тĕрлĕ шухăшлă çынсем кĕреççĕ.

Конференци хупăннă хыççăн Ганди Граунде площадĕнче митинг пулса иртнĕ.

## Аргентина правительствине хирĕç кавар тума хатĕрленекенсене тытнă

БУЭНОС-АЙРЕС, майăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Федеральнăй судья журналистсене çапла пĕлтернĕ: Федеральнăй полици Перонпа унăн правительствин министрĕсене хирĕç террористла кавар тума хатĕрленекенсене тытнă. Кавар тăвакансем майăн 13-мĕшĕнче президент правительство членĕсене канашлăва пухнă вăхăтра, правительство çине тапăнма хатĕрленнĕ. Гранатăсемпе хĕçпăшалланнă террористсен ударнăй ушкăнĕн правительство çуртне пырса кĕмелле пулнă. Çак ушкăна çăмăл пулеметсемпе хĕçпăшалланнă тепĕр ушкăн хӳтĕлесе тăмалла пулнă.

Буэнос-Айресри аэродромсенчен пĕринче Уругвайран ярса пана самолет тăмалла пулнă. Хăйсен ĕçне тунă хыççăн террористсем çак самолетпа тарма шутланă.

Террористсен килĕсенче тупнă документсем—террористсем Уругвайра пурăнакан çынсемпе çыхăнса тăни çинчен калаççĕ.

## Бивен тухса калани

ЛОНДОН, майăн 16-мĕшĕ. (ТАСС). «Манчестер гардиан» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, лейбористсен лидерĕсенчен пĕри, министр пулнă Эньюрин Бивен премьер-министр Черчилль сăмахĕ пирки чарăнса тăрса, Траубриджра (Уилтшир) майăн 15-мĕшĕнче çапла каланă: Черчилль сăмахĕ юлашки çулсем хушшинче малтанхи хут акăлчансем тĕнчери ĕçсем çине мĕнле пăхнине палăртса тăрать, Черчилль халĕ эпĕ 1951 çулта каланă сăмахсене хăюсăррăн калама пуçлать. 1951 çулта эпĕ отставкăна пуринчен ытла Англи политики Пĕрлешӳллĕ Штатсен политикипе ытла çывăх тăнă пирки тухрăм. Пĕрлешӳллĕ Штатсем пире тата пĕтĕм тĕнчене нимĕн хирĕçмесĕр хăйсемпе килĕштермелле тăвасшăн. Çав вăхăтрах вĕсем хăйсем тĕнчери ĕçсене кирлĕ таран ăнланмаççĕ.

Америкăри государство деятелĕсем тĕнчери вăрçă хăрушлăхĕ пирки тăвакан анализ ун чухне те, халĕ те маншăн ытла та çиелтен тăвакан анализ пек туйăнать. Хамăр пурнăç тăршшĕнче пулса иртнĕ революцилле ĕçсем тата вăрçă хыççăн пулса тăнă ĕçсем Кремлĕн усал каварĕнчен килнĕ тесе калани тĕрĕс мар.

Великобритани халăхĕ хăйне тытса тăма нимĕнле державăна та ирĕк парас çук тесе калани тĕрĕс пулсан, ку вăл ытти халăхсем тĕлĕшпе те тĕрĕс пулать. «Черчилль çакна ăнланас пулсан, вăл тĕнчере пулса иртекен мĕнпур ĕçсене тĕрĕсрех ăнланма пултарнă пулĕччĕ».

Суэц пирки Бивен çапла каланă: «эсир Египет халăхĕпе калаçса татăлма пултараймастăр пулсан, вара сирĕн пурĕ те унтан тухса каясси кăна юлать».

## ТЕГЕРАНРА ОСАДА ЧУХНЕХИ ПЕК ЙĔРКЕ ТУНĂ

ПАРИЖ, майăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин корреспонденчĕ Тегеранран çапла пĕлтерет:

Тегеранра виçĕ уйăхлăха осада чухнехи пек йĕрке туса хунă.

## АФГАНИСТАНРА.

Пăхăр-ха çак ӳкерчĕк çине. Фотограф Афганистанри пĕр хресчен суха тунине ӳкерсе илнĕ. Мĕнпе сухалатьши вăл? Ун умĕнче плуг курăнмасть... Вăл тахçан авалхи хатĕрпе ĕçлет.

Афганистанра пĕтĕм çĕр лаптăкĕн 80 процентне хансем, помещиксем, кулаксем, купецсем, духовенство пуçлăхĕсем, чиновниксем, хысна тата мечетсем хăйсен аллине çавăрса илнĕ. Нумай хресченсен çĕр пачах çук. Вĕсен ирĕксĕрех çĕр тара илмелле килет. Çĕр хуçисем çĕр тара парса пуяççĕ, вара илекен хресченсен тăранса пурăнмалăх та тырпул юлмасть. Çĕр хуçине тӳленĕ хыççăн хресчен аллинче пухса кĕртнĕ тырпулăн пиллĕкмĕш пайĕ çеç юлать. Акмалли çĕре шăварса тăраççĕ пулсан, вара хресченĕн пухса кĕртнĕ тырпултан 20 пайĕнчен 19 пайне çĕр хуçине памалла килет.

Афганистанра ялхуçалăхĕ калама çук кая юлнă.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Кабул хули çывăхĕнчи уйра хресчен суха тăвать.

## Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, майăн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ майăн 16-мĕшĕнче çапла пĕлтернĕ:

Иртнĕ кун хушшинче Корея Халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсем Центральнăй фронтри Кахори районĕнче оборонăра тăрса тăшмана хирĕç хаяррăн çапăçнă.

Паян Америкăн 30 ытла истребителĕ тепĕр хут Часан водохранилищи çине тапăннă. Çак водохранилище çар объекчĕсемпе нихăш енчен те çыхăнса тăмасть.

Зенитнăй чаçсем паян тăшманăн 3 самолетне персе ӳкернĕ, 2 самолетне сиенленĕ.

ПХЕНЬЯН, майăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ майăн 17-мĕшĕнче çапла пĕлтернĕ:

Иртнĕ кун хушшинче Халăх çарĕн соединенийĕсемпе Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсем Кымсенран кăнтăр-хĕвеланăç енчи районта тăшмана хирĕç çапăçнă.

Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсем, ялхуçалăх сооруженийĕсемпе мирлĕ ялсем çине тискеррĕн тапăнакан тăшман самолечĕсене хирĕç хаяррăн кĕрешсе, паян тăшманăн 5 самолетне персе ӳкернĕ, 2 самолетне сиенленĕ.

## Корейăра перемири çинчен пыракан калаçусем

ПЕКИН, майăн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ паян Кэсонран çапла пĕлтернĕ:

Корейăпа Китай делегацийĕ çакăн пек пĕлтерӳ пичетлесе кăларнă:

Икĕ енĕн майăн 16-мĕшĕнче пулнă ларăвĕнче Корейăпа Китай делегацийĕн пуçлăхĕ генерал Нам Ир тепĕр енĕ хальхи вăхăтра пыракан калаçусен никĕсне хавшатма хăтланнине татăклăн сивленĕ. Генерал Нам Ир çапла каланă: тӳрех репатриаци туман тыткăнри çар çыннисене репатриаци тăвасси çинчен тăракан ыйтăва тĕрĕс йĕркелес шутпа вĕсене нейтральнăй государствăсем аллине пама килĕшни хальхи калаçусенче икĕ енĕ те калаçса татăлнă килĕшӳ никĕсĕ пулса тăрать. Анчах та тепĕр енĕ майăн 13-мĕшĕнче тăратнă сĕнӳре Корея Халăх çарĕн тӳрех репатриаци туман тыткăнри çар çыннисене тепĕр енĕн çар контролĕнче тăракан районта «вырăнта ирĕке кăларасси» çинчен каланă. Тепĕр енĕ тăратнă çак сĕнӳрен тата акă мĕн тухса тăрать: тӳрех репатриаци туман тыткăнри Китай халăх добровольцĕсене репатриаци тăвассине вăйпа кансĕрлесе тăмалла е вăйпа тытса чармалла пулать. Çакă вăл калаçусен пĕтĕм никĕсне аркатнине пĕлтерет. Çак никĕспе тепĕр енĕ хăй килĕшни çинчен пĕр хут çеç мар пĕлтернĕ. Çакăн пек туни вăл калаçу ирттерекенсене тĕп ыйтусене тата ĕçĕн уйрăм енĕсене сӳтсе явма, ыйтусене татса пама тытăнма кансĕрлесе тăрать.

Тепĕр енĕ генерал Нам Ир çакăн пек каланă пирки нимĕнле ответ та паман. Анчах та, администрацилле ĕçсене шута илсе, делегацисен çитес ларăвне майăн 20-мĕшĕнче пухма сĕннĕ.

Çакăн хыççăн генерал Нам Ир çапла каланă: Корейăпа Китай енĕ Корейăра перемири тăвас тĕлĕшпе пĕр хут çеç мар тăрăшрĕ, вăл тыткăнри çар çыннисене репатриаци тăвассипе çыхăннă мероприятисем, сроксем, майсем çинчĕн тăракан ыйтусем пирки уççăнах каллла чакрĕ кăна мар, тата, икĕ енĕ пĕр-пĕринпе килĕшнĕ тăрăх калаçусем ирттерме йышăннă никĕсе шута илсе, тепĕр енĕн шухăшне йышăнас тесе хăй енчен мĕн тума пултарнине пурне те турĕ, çавăн пекех тата икĕ конкретлă сĕнӳ кăларса тăратрĕ. Тепĕр енĕ, хăй каланă пек, Корейăра хăвăртрах перемири тăвас тет пулсан, тенĕ генерал Нам Ир, унăн çак калаçусен никĕсне аркатас тĕллев тытакан хăйĕн тĕлли-паллисĕр сĕнĕвне хӳтĕлеме те, тыткăнри çар çыннисене вăйпа тытса чарас тĕллев тытакан сĕнӳсем тăратма та нимĕнле сăлтав та çук.

Юлашкинчен генерал Нам Ир тепĕр енĕ администрацилле ĕçсем пирки виçĕ кунлăха перерыв тума сĕннипе килĕшнĕ. Вăл тепĕр енне хăйĕн позицине улăштарма, хăйĕн сĕнĕвне каялла илме сĕннĕ, мĕншĕн тесен вĕсем калаçусен никĕсне хавшатаççĕ. Çавăн пекех вăл: Корейăра перемири тăвасси çинчен Корейăпа Китай делегацийĕ панă сĕнӳ тăрăх килĕшӳ тума тепĕр енĕн халех килĕшес пулать, тенĕ.

Икĕ енĕн делегацийĕсен çитес ларăвĕ майăн 20-мĕшĕнче 11 сехетре пуçланать.

## Кочжедо утравĕ çинче тыткăнри çар çыннисене çаплах вĕлереççĕ

ПЕКИН, майăн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран çапла пĕлтерет:

Американецсем Кочжедо утравĕ çинче каллех Корейăпа Китайăн тыткăнри 4 çар çыннине вĕлернĕ. Вĕсенчен пĕрне Америка агенчĕсем майăн 9-мĕшĕнче пăвса вĕлернĕ. Тепĕрне майăн 12-мĕшĕнче çăла пăрахнă. Çав кунхинех икĕ çынна хĕнесе вĕлернĕ. Ответлăха хăйсем çинчен сирсе ярас тĕллевпе, американецсем айăпа тыткăнри çар çыннисем çине йăвантараççĕ.

## ПАНЬМЫНЬЧЖОНРИ КАЛАÇУСЕМ ПИРКИ

НЬЮ-ЙОРК, майăн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Ассошиэйтед Пресс агентствин Вашингтонри корреспонденчĕ çапла пĕлтерет: генерал-лейтенант Гаррисон Паньмыньчжонра тăратнă сĕнӳ пирки Канада Пĕрлешӳллĕ Штатсене хăй кăмăлсăр пулни çинчен пĕлтернĕ. Дипломатсем тĕплĕн калаçса пама килĕшмен пулсан та, тесе çырать Хайтауэр, Канада Корейăпа Китай делегацийĕн планĕ Пĕрлешӳллĕ Штатсен правительстви шутланинчен чылай лайăхрах, тесе кăтартса панă вĕсем.

## АМЕРИКА ТАИЛАНДА ХĔÇПĂШАЛ ТĂРАТАТЬ

БАНГКОК, майăн 16-мĕшĕ. (ТАСС). «Бангкок пост» хаçат Америка çарĕн советникĕсен ушкăнĕнчен илнĕ сведенисем тăрăх çапла пĕлтерет: Бангкок портне Америка пăрахучĕсем пырса çитнĕ. Вĕсем Таиландăн хĕçпăшаллă вăйĕсем валли çар материалĕсем илсе пынă. Пĕрлешӳллĕ Штатсем Таиланда хĕçпăшал, боеприпассем тата ытти çар материалĕсем тăратаççĕ.

## Кĕнекесем нумай çырăнса илеççĕ

Шупашкарта подпискăпа илмелли кĕнекесем саракан магазин пур. Унта кашни кунах вуншар çын пырса каять. Вĕсем хăйсене кирлĕ кĕнекесем çырăнса илеççĕ, малашнехи вăхăтра кăларма палăртнă кĕнекесене çырăнса илме заказсем параççĕ. Шупашкарта 1.500 çынна яхăн магазин урлă кĕнекесем илеççĕ. Вĕсем хушшинче тĕрлĕ профессиллĕ çынсем—электроаппаратура заводĕнчи рабочисемпе служащисем, хулари шкулсенче ĕçлекен учительсем, пир-авăр фабрикинчи работницăсем тата ыттисем те. Ĕçсыннисем Ленинпа Сталинăн произведенийĕсене нумай çырăнса илеççĕ.

Магазина кашни уйăхрах обществăлла-политикăлла, художествăлла литература, ялхуçалăх, медицина, промышленность ыйтăвĕсемпе çырнă кĕнекесем нумай килеççĕ. Çак кунсенче магазина Ленинпа Сталинăн сочиненийĕсен томĕсем хутса кăларнă тиражран 600 кĕнеке килнĕ. Магазин пур томсене те кĕске срокрах ĕçсыннисем хушшинче сарнă. Çавăн пекех магазина М. Горькин XXIII-мĕш томĕ, И. Гончаров произведенийĕсен виçĕ томĕ, А. Толстой произведенийĕсен VI-мĕш томĕ, «Большая Советская Энциклопедия» кĕнекисен XV-мĕш томĕ килнĕ.

Хальхи вăхăтра магазин совет писателĕн Л. Леоновăн произведенийĕсене илсе тăма çырăнтарать.

## Студентсен çуллахи канăвĕ

Çĕршыври аслă шкулсенче вĕренӳ çулĕ вĕçленсе пырать. Экзаменсем хыççăн студентсене савăнăçлă канӳ кĕтет.

Чăваш государство педагогика институчĕн дирекцийĕ, комсомолпа профсоюз организацийĕсем студентсен çуллахи каникулне лайăх йĕркелес шутпа план туса йĕркеленĕ.

Нумай студентсем колхозсемпе совхозсенче пулса, колхозниксемпе ялти çамрăксем валли партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсемпе Сталин юлташăн «СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» тăрăх докладсемпе лекцисем ирттереççĕ, ялсенче художествăлла пултарулăх кружокĕсем организацилеççĕ, колхозсенче агитацилле-массăлла ĕçе туса пыма пулăшаççĕ.

Иккĕмĕшпе виççĕмĕш курсра вĕренекен 200 студент республикăри пионер лагерĕсене воспитатель тата пионервожатăй пулса ĕçлеме каяççĕ. Халĕ студентсем пионер ĕçĕсене лагерьте мĕнле туса пымалли çинчен лекцисем итлеççĕ. Пионер лагерĕсенче ĕçлесе, студентсем ачасемпе ĕçлеме хăнăхаççĕ, учитель ĕçĕнче кирлĕ опыт пухаççĕ.

Чылай студентсем Тăван çĕршыв тăрăх экскурсисемпе походсене каяççĕ. Вĕсем Тăван çĕршыв столицинче — Мускавра тата Ленинградра, Горькинче, историлле вырăнта — Бородинора пулаççĕ. Çуллахи каникул вăхăтĕнче пĕтĕмпе 600 студента яхăн экскурсисемпе туристла походсенче пулать.

Студентсен пĕр ушкăнĕ Куйбышева çити кимĕпе похода каять. 40 студент ытла республикăри учительсен канмалли çуртĕнче пулать.

И. СЕРГЕЕВ.

## Саман кирпĕч тăваççĕ

КАЛИНИНО. Буденный ячĕпе тăракан колхоз саман кирпĕч тăвассине йĕркелерĕ. Çак ĕçе туса пыма уйрăм бригада тунă. Унта 12 çын ĕçлет. Бригада тăрăшса ĕçленине пула кĕске вăхăтрах 1.500 яхăн саман кирпĕч çапса хатĕрленĕ. Колхоз çак кирпĕчрен чăх-чĕп вити тума палăртнă.

И. ПРОКОПЬЕВ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

*ТЕАТР*

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ—майăн 19-мĕшĕнче вырăсла спектакль «Твое личное дело»; майăн 20-мĕшĕпе 21-мĕшĕнче вырăсла спектакль «Вей, ветерок». Спектакль лартнă чухне филармонин симфонилле оркестрĕ вылять. Пуçламăшĕ 20 сехет те 30 минутра.

*КИНО*

«РОДИНА» — майăн 19-мĕшĕнче пур сеанссенче те çĕнĕ илемлĕ фильм «Адмирал Ушаков». Сеанссем 12. 14, 16 сехетре, 19 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуçланаççĕ.




РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-04, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01389 Типография № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.